*Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!*



# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тата Министрсен Совечĕн органĕ

Орган Чувашского обкома КПСС, Верховного Совета и Совета Министров Чувашской АССР

№ 3 (20136) • Кĕçнерникун, 1990 çулхи январĕн 4-мĕшĕ • Хаçат 1918 çулхи февральтенпе тухать • Хакĕ 3 пус

*• Çĕнĕ çулта — çĕнĕ ĕмĕтпе*

## Тĕллев—4 пин килограмм

ÇУЛТАЛĂК хыçа юлчĕ. Паян пиртен кашниех ăна мĕнпе вĕçленине тепĕр хут аса илет, тишкерсе тухать. Пытармалли çук: савăнмалли те, кулянмалли те пулнă. Анчах кашни ÿсĕм, ăнăçлăх хамăртан килнĕ. 1988 çула, самахран, пирĕн совхозри ĕне сăвакансем пысăк ÿсĕм тунипех вĕçлеймерĕç. Çав вахăтрах кÿрше хуçалăхсенче кашни ĕнерен 3 пин килограмм е унтан ытларах сĕт суса илчĕç. Ку пире тарăн шухăша ячĕ. Ĕне сăвакансемпе, выльăх апачĕ хатĕрленекенсемпе пĕрле шухăшса калаçрăмăр, ĕçри ăнăçлăх мĕнрен килнине пур енлĕн сÿтсе яврăмăр. Чи малтан, паллах, выльăх апачĕ пирки сăмах пычĕ.

Хамăран шухăша уй-хир бригадисенче ĕçлекенсене пĕлтертĕмĕр, выльăх апачĕ хатĕрлессипе çыхăннă ыйтусене пĕрле канашласа сÿтсе яврăмăр. Пирĕн валли выльăх апачĕ май килнĕ таран ытларах хатĕрлеме пулчĕç. Эпир выльăха лайăх хатĕрленĕ апатпа çеç тăрантарма, кашни килограмм тырра, силоспа сенажа перекетлеме, 1989 çулта кашни ĕнерен сĕт суса илессине 450—500 килограмм ÿстерме сăмах патăмăр. Выльăх пăхакансемпе уй-хир ĕçченĕсем хушшинче чăн-чăн ăмăрту пуçланчĕ. Вĕсем те ала усса лармарĕç. Эпир те панă сăмаха çилпе вĕçтермерĕмĕр. Унччеňхи çулхипе танлаштарсан, пĕлтĕр кашни ĕнерен 748 килограмм сĕт нумайрах суса илнĕ.

Камран мĕн курса вĕренмелли пур. Акă, И. Самсоновăпа Н. Гаврилова кашни ĕнерен 3.270 килограмм сĕт суса илчĕç. О. Васильевăпа Н. Уткина та ăсталăхĕпе савăнтараççĕ. Еç укçи ÿсни вăй хурса ĕçлеме хавхалантарать. Вăтам шутпа пирĕн дояркăсем уйăхра 250—300 тенкĕ илсе лыраççĕ.

Çĕнĕ Çула пысăк ĕмĕтпе кĕтĕмĕр. Пирĕн тĕллев — кăçал кашни ĕнерен 4 пин килограмран кая мар сĕт суса илесси.

**В. АНИСИМОВ,**
**Сĕнтĕрвăрри районĕнчи «Дружба» совхозăн главнăй зоотехникĕ.**

## Умра—ответлă тапхăр

**Иртнĕ хĕллехи тапхăрта выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине тата хатĕрлессине ÿстернĕшĕн Красноармейски районне КПСС Центральнăй Комитечĕ, СССР Министрсен Совечĕ, ВЦСПС тата ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕ Хисеп грамотипе наградăланă.**

Çак наградăна панă ятпа «Большевик» колхозри Культура çуртĕнче районти ĕçсынни представителĕсен савăнăçлă пухăвĕ пулса иртнĕ. Çĕршыван пысăк наградине КПСС обкомĕн секретарĕ М. Я. Якимов панă. Хăйĕн кĕске сăмахĕнче вăл çакна палартнă: иртнĕ хĕллехи тапхăрта районти выльăх-чĕрлĕх пăхакансем палăрмаллах ÿсĕм тунă, аш-какай, сĕт туса илессине тата государствăна сутассине чылай колхозпа совхоз ÿстернĕ. Ÿсĕм «Россия», Ленин ячĕпе хисепленекен, «Герой» колхозсенче уйрăмах пысăк.

Иртнĕ хĕллехи тапхăрта [illegible] кăçал та тухăçлă ĕçлеме пултарать.

Çапах та хăлĕхе районта выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре татса паман ыйтусем те нумай-ха. Пĕлтĕрхи тапхăрпа танлаштарсан, ĕне выльăх шучĕ сахалрах. Уйрăмах сăвакан ĕнесен шучĕ чакни шухăшлаттарать. Планпа палăртнинчен 175 пуç сахалрах. Çăнах та, кашни ĕнерен сĕт сăвасси кăштах ÿснĕ. Çапах та нумай хуçалăхра ку кăтартупа мухтайма сăлтав çук.

Район усă куракан çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне иртнĕ çул 113 центнер аш-какай, 382 центнер сĕт туса илнĕ. Сĕтпе район республикăн вăтам кăтартăвĕнчен маларах пырать пулсан (районсем хушшинчи ăмăртура çиччĕмĕш вырăн), аш-какай туса илес тĕлĕшпе малашне çивĕчрех мерăсем йышăнас пулать. «Россия», «Досаево», «Герой», Ленин ячĕпе хисепленекен колхозсемпе «Красноармейский» совхоз, «Союз» предприяти тăвакан ÿсĕм хÿттинче ытти чылай хуçалăх лăпкăн пурăнать.

Кăçалхи хĕллехи тапхăрта пысăкрах ÿсĕм тума районта майсем пур. Кашни условнăй выльăх пуçне 21,6 центнер апат единици хатĕрленĕ. Çапах та çакă лăпланмалли цифра мар. Пĕлтĕрхипе танлаштарсан, улăм, силос, витаминлă курăк çăнахĕ сахалрах. Çитменнине, выльăх апачĕ пĕлтĕрхинчен каярах хатĕрленĕ хуçалăхсем пур.

Награда илнĕ ятпа пухура тухса калана КПСС райкомĕн пĕрремĕш секретарĕ С. И. Железин, АПОн главнăй зоотехникĕ Н. П. Петров, «Большевик» колхоз председателĕ В. А. Богданов умри задачăсем çинчен ытларах чарăнса тăнă, çитменлĕхсене палăртнă.

Савăнăçлă пухăва хутшăннисем, наградăна хавхаланса, çĕнĕ обязательствăсем йышăннă: аш-какай, сĕт сутмалли 1990 çулхи пĕрремĕш квартал планне çитес суйлав кунĕ тĕлне тултармалла.

(Хамăр корр.).

## ХИСЕПЛĔ ДОНОР

ХИСЕПЛĔÇÇĔ ăна коллективра. Ĕçчен, сăпайлă пулнăшăн, çынсемпе пĕр чĕлхе тупма пĕлнĕшĕн. Çамал мар санитарка ĕçĕ. Йывăр чирлисене пăхма, палатăсене, коридорсене яланах тирпейлĕ тытма тивет. Дежурство вăхăтĕнче çĕрĕпех куç хупман каçсем сахал мар пулнă. Çапах йывăрлăхсенчен хăраса тăман Антонина Андреевна. Кăмăлĕ çирĕп унăн: пĕрре пуçăннă ĕçе вĕçне çитеретех, ответлăхха, пуш сăмах çаптарнине, ĕçе алран кайтăр тесе çеç тунине тÿсме пултараймасть.

Ульяновск облаçĕнчи чăваш ялĕнче ÿссе çитĕннĕ. 44 çул ĕнтĕ Шупашкарта. Пенсире пулин те, килте ларма чунĕ чăтмасть. Малтан трахома чирĕсенчен сыватакан больницăра ĕçлеме пуçланă. Пилĕк çул каяла çак çуртра республикăри чĕре чирĕсенчен сыватакан диспансер уçнă. Хĕрĕх çул ытла Антонина Андреевна Ишутова пĕр вырăнта ĕçлет. Донор пулса, мĕн чухлĕ çынна вилĕмрен хăтарса хăварман пулĕ. Хăй ĕмĕрĕнче 19 килограмм ытла юн панă. Антонина Андреевна — СССР хисеплĕ доноре.

**А. КРЫСИН.**

**СССР хисеплĕ донорĕ А. А. Ишутова.**

М. Воробьев фотоÿкерчĕкĕ.

*Пĕрле калаçăр-ха*

## ЫРĂ КĂМĂЛЛĂ ПУЛАР

Редакцие Шупашкарта пурăнакан В. Н. Васильев шанкăравларĕ:

— Тархасшăн, Иванов урамне килĕр. Атăл хĕрринчи сарайра Савельев вилме выртнă. Пулăшăсчĕ ăна.

Юхăнса кайнă ялсенчи ватăсенчен нумайăшĕ, çĕр шăнсан хăйсен çуртĕсене хупса, ывăлĕ-хĕрĕ патне хуласене кайни, пĕр-пĕр килте ушкăн-ушкăнпа хĕл каçни, çунăпа вутă-шанкă хатĕрлени, чир-чĕре пула асапланни, хăшпĕрисем сивĕ пÿртре выçса е шăнса вилни, никам та пырса пăхманнипе виле эрни-эрнипе выртни çинчен пĕрре çеç мар илтнĕ. Çаванпа ку хыпар мана питех тĕлĕнтермерĕ те. Апла пулин те, çав кунах пĕлтернĕ вырăна васкарăм.

Петр Алексеевич Савельева аран-аран шыраса тупрăм. Строительсем хăварнă будкăра выртать. Питĕ йывăррăн сывлать.

— Ыльăм... Кĕçех вилетĕп, — хăйăлтатрĕ вăл чыхăна-чыхăна. — Пĕлтĕр... Карачура масарне пытарччăр.

Юлашки вăхăтра çаканта пурăнкаланă иккен Аслă Отечественнăй вăрçă инвалидĕ. Будкăра хăмаран çапкаласа тунă сĕтел, тимĕр пукан, вырткаласа тăмалли сак пур. Ăçта килнĕ, унта апар-тапар выртать.

Хам мĕн курни пирки васкавлă пулăшу больницине пĕлтертĕм. Телее, нумай кĕттермерĕç, чирлĕ çынна тÿрех илсе кайрĕç. Шел, Петр Алексеевич тепĕр кунне вилсе кайнă. Ăна пач палламан çынсем пытарнă. Çапла вĕçленнĕ орденпа медальсен кавалерĕн, вичĕ ача ашшĕн пурнăçĕ.

Сахал-и çакнашкал шăпа? Вырсарникунсемпе шăматкунсенче Шупашкарта, Çĕнĕ Шупашкарта, Канашра, Улатăрта, Çĕмĕрлере, республикăри ытти хуласенче пулар-ха. Урисене аран-аран шутаракан уксах-чăлах, самай çулланă ватăсем чиркÿсем умĕнче, пасарсемпе вокзалсенче ыйткаласа тăраççĕ. Çĕршывра чухăнсем 40 миллион ытла пулнине пĕлетпĕр-ха. Республикăра миçе-ши?

Ял çынни уйăхра 70 тенкĕпе лайăх пурăнма пултарать-и? «Çук», — тейĕç. Чылайăшĕн пĕлтĕрхи октябрьччен пенси 30—60-шар тенкĕ кăна пулнă. Çак укçапах çĕркамракне, вуттишанкине хатĕрлене, çурт-йĕрне юсаттарнă, çĕр улми пахчине сухалаттарнă...

Пирĕн редакцие ĕçпе вăрçă ветеранĕсем, инвалидсем, ветеран ятне тивĕçлĕ пулайманнисем, хăйсене пулăшма ыйтса, нумай çыраççĕ. Пĕри хĕл каçмалăх вутă-шанкă хатĕрлеймен, теприн çурчĕ ишĕлсе анас пек ларать, виççĕмĕш [illegible] корреспондентсем кашнин [illegible] пулса татса параймаççĕ. Çакнашкал çырусен ытларах пайне мерăсем йышăнма тивĕçлĕ органсене ярса паратпăр. Кунта пĕр çыру çеç илсе кăтартăм:

**«Эпĕ — Аслă Отечественнăй вăрçă инвалидĕ. Çапăçăва 1941 çулта чи малтанхисен шучĕ. Çапăçăва 1941 çулта чи малтанхисен шутĕнче кĕнĕ. Мускав тата Сталинград хулисене хÿтĕленĕ çĕре хутшăнтăм. Ман пеккисем вилĕмрен хăрамасăр пуçăсене вут-çулăм ăшне чикмен пулсан, ташмана çĕнтерейĕттĕмĕр-ши? Шел те, хальхи вăхăтра пирĕнтен çамăкрах [illegible] шутласшăн мар. Ун чухне**

тухса çÿрейменнисене, пĕччен пурăнакансене уйрăм йыша кĕртеççĕ.

Кашни райĕçтавкомăн социаллă пулăшу пайĕ çумĕнчех социаллă пулăшу уйрăмĕсем тунă. Вĕсем пĕччен пурăнакан 2.898 çынна пăхса тăраççĕ. Çакнашкаллисем вуншар пин пулнине шута илсен, чи малтанах ку малашнехи пысăк ĕç пуçламăшĕ анчах пулнине туйса илетĕн. Социаллă работниксен йышĕ ытла та пĕчĕк. Укçа-тенкĕ пулсан, ăна ÿстерме пулĕ-ха. Анчах предприятисемпе организацисенчен, учрежденисенчен тата хуçалăхсенчен нумайăшĕ «Ыркăмăллăх акцине» хутшăнма чĕнсе калăнине илтмĕш пулнă. Çак пархатарлă ĕçре ырă тĕслĕх кăтартакансем пек пулма тăрăшмалла. Самахран, ватăсене пулăшма Шупашкар районĕнчи хуçалăхсемпе предприятисем — 4, республикăри Главпочтамт — пĕр, Шупашкарти пир-авăр комбиначĕ 2 пин тенкĕ, «Символ» кооператив — 300, Шупашкарти 23-мĕш шкул 500 тенкĕ уйăрнă.

Пир-авăр комбиначĕн руководителĕсем Мускав райĕçтавкомĕн счечĕ çине çывăх вăхăтрах тата 5 пин куçарма шантарнă. Самах май, вĕсем Мускав районĕнчи ветерансен çуртĕнче пурăнакансене нумай пулăшнине палăртмалла. Самахран, сĕтел-пуканпа тивĕçтернĕ. 28 çынна кунне икĕ хут апат çитернешĕн комбинат тÿлет. Иртнĕ виçĕ çул хушшинче республикăри хуçалăхсем 275 пенсионерпа инвалида çурт-йĕр лартса панă. Ку тĕлĕшпе Шупашкар, Етĕрне, Элĕк тата Комсомольски районĕсенче уйрăмах пуçарулла. Етĕрне районĕнчи «Ленинская искра» колхоз вăрçă ветеранĕсене, унта пуç хунисен çывăх çыннисене тата пĕччен пурăнакан ватăсене пенси укçи çумне уйăхсерен 20-шер тенкĕ, «Аврора» колхоз 30 пенсионера хушса тÿлет. Шăмăршă районĕнчи «Ленинская искра» колхоз 145 çынран кашнинех пĕр уйăх пенсийĕ чухлĕ панă. Çĕнĕ Шупашкарти «Гамма» кооператив 12 пенсионера уйăхсерен 30-шар тенкĕ парса пулăшать. Шупашкарти Иванов урамĕнчи чиркÿ Мускав райĕçтавкомĕн счечĕ çине 5 пин тенкĕ куçарма палăртнă. Шел те, çакнашкал ырă тĕслĕхсем сахал.

Çакна каламаллах ĕнтĕ: «Ыркăмăллăх акцине» Шупашкарта ытти çĕртинчен активлăрах хутшăнаççĕ. Шупашкарти приборсем тăвакан заводпа пир-авăр комбиначĕн укçи-тенкипе тунă ветерансен çуртне илер. Унта лайăх пурăнма тата канма условисем аван. Библиотека, амбулатори, культура мероприятийĕсем [illegible] терскойсем, столовăйĕ [illegible] валли уйăхсерен хăнисем тупса илсе [illegible] сем илсе килеççĕ. Хĕрĕхĕшне социаллă работниксем пăхса тăраççĕ.

Республикăри ватăсен çуртĕсем тата пурнăç условийĕсем нумай [illegible]-ха, анчах пурнăç условийĕсем [illegible] Шупашкартине çитмеççĕ. Кунти райĕçтавкомсем социаллă пулăшу уйрăмĕсем тăвас, вĕсен ĕçне йĕркелес тĕлĕшпе чылай маларах пынине палăртмалла. Лайăх тĕслĕх вырăнне Мускав райĕçтавкомĕн социаллă обеспечени пайĕн социаллă пулăшу уйрăмне илсе кăтартма пулать. Иккĕмĕшĕ пирки маларах каларăм ĕнтĕ.

*Суйлав умĕн*

## Ĕç коллективĕсем

...ваçлă пухăвĕ пулса иртнĕ. Çĕрпӳван пысăк наградине КПСС обкомĕн секретарĕ М. Я. Якимов панă. Хайĕн кĕске сăмахĕнче вăл çакна палăртнă: иртнĕ хĕллехи тапхăрта районти выльăх-чĕрлĕх пăхакансем пиларăмаллах ӳсĕм тунă, аш-какай, сĕт тусă илессине тата государствăна сутассине чылай колхозпа совхоз ӳстернĕ. Ӳсĕм «Россия», Ленин ячĕпе хисепленекен, «Герой» колхозсенче уйрăмах пысăк.

Иртнĕ хĕллехи тапхăрта туна ситĕнӳ каçăл та тухăçлă ĕçлеме пулăшать.

Çапах та халлĕхе районта выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре татса паман ыйтусем те нумай-ха. Пелтерхи тапхăрпа танлаштарсан, ене выльăх... [illegible] сĕт сăвасси кăштах ӳсне. Çапах та нумай хуçалăхра ку катартупа мухтаймалла салтав çук.

Район усă куракан çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне иртнĕ çул 113 центнер аш-какай, 382 центнер сĕт туса илнĕ. Сĕтпе район республикăн вăтам кăтартăвĕсенчен маларах пырать пулсан (районсем хушшинчи ăмăртура çиччĕмĕш вырăн), аш-какай туса илес тĕлĕшпе малашне сивĕчрех мерăсем йышăнас пулать. «Россия», «Досаево», «Герой», Ленин ячĕпе хисепленекен колхозсемпе «Красноармейский» совхоз, «Союз» предприяти тăвакан ӳсĕм хӳттинче ытти чылай хуçалăх лăпкăн пурăнать.

...каярах хатĕрлене хуçалăхсем пур.

Наградăна илнĕ ятпа пухура тухса калана КПСС райкомĕн пĕрремĕш секретарĕ С. И. Железин, АПОн главнăй зоотехникĕ Н. П. Петров, «Большевик» колхоз председателĕ В. А. Богданов умри задачăсем çинче ытларах чарăнса тăнă, çитменлĕхсене палăртнă.

Савăнăçлă пухăва хутшăнакансем, наградăна хапăлласа, çĕнĕ обязательствăсем йышăннă: аш-какай, сĕт сутмалли 1990 çулхи пĕрремĕш квартал планне çитес суйлав кунĕ тĕлне тултармалла.

(Хамăр корр.).

---

...çынсемпе пĕр чĕлхе тупма пĕлнĕшĕн. Çамал мар санитарка ĕçĕ. Йывăр чирлисене пăхма, палатăсене, коридорсене яланах тирпейлĕ тытма тивет. Дежурство вахатĕнче çĕрĕпех куç хупман каçсем сахал мар пулнă. Çапах йывăрлăхсенчен хăрага таман Антонина Андреевна. Кăмăлĕ çирĕп унăн: пĕрре пуçăннă ĕçе вĕçне çитеретех, ответлăрлăха, пуш сăмах çаптаррине, ĕçе алран кайтар тесе çеç туннне тӳсме пултараймасть.

Ульяновск облаçĕнчи чăваш ялĕнче ӳссе çитĕнчĕ. 44 çул ĕнтĕ Шупашкарта. Пенсире пулин те, килте ларма чуне чатмасть. Малтан трахома чирĕсенчен сыватакан больницăра ĕçлеме пуçланă. Пилĕк çул каялла çак суртра республикăри чĕре чирĕсенчен сыватакан диспансер уçнă. Хĕрĕх çул ытла Антонина Андреевна Ишутова пĕр вырăнта ĕçлет. Донор пулса, [illegible] ренче 19 килограмм ытла юн панă. Антонина Андреевна — СССР хисеплĕ донорĕ.

А. КРЫСИН.

СССР хисеплĕ донорĕ А. А. Ишутова.

М. Воробьев фотоӳкерчĕкĕ.

---

...вокзалсенче ыйткаласа тăраççĕ. Çĕршывра чухăнсем 40 миллион ытла пулнине пĕлетпĕр-ха. Республикăра мĕнле-ши?

Ял çынни уйăхра 70 тенкĕпе лайăх пурăнма пултарать-и? «Çук», — тейĕç. Чылайăшĕн пĕлтерхи октябрьччен пенси 30—60-шар тенкĕ кăна пулнă. Çак укçапах çĕркамăкне, вутти-шаккине хатĕрлене, çурт-йĕрне юсаттарнă, çĕрулми пахчине сухалаттарнă...

Пирĕн редакцие ĕçпе вăрçă ветеранĕсем, инвалидсем, ветеран ятне тивĕçлĕ пулайманнисем, хайсене пулăшма ыйтса, нумай çыраççĕ. Пĕри хĕл касмалăх вута-шанка хатĕрлеймен, теприн çурчĕ [illegible] корреспондентсем кашнин ыйтăвĕ вырăнта пулса татса параймаççĕ. Çакнашкал çырусен ытларах пайне мерăсем йышанма тивĕçлĕ органсене ярса паратпăр. Кунта пĕр çыру çеç илсе кăтартам:

**«Эпĕ — Аслă Отечественнăй вăрçă инвалиĉĕ. Çапăçăва 1941 çулта чи малтанхисен шутĕнче кĕнă. Мускав тата Сталинград хулисене хӳтĕлене çĕре хутшăнтăм. Ман пеккисем вилĕмрен хăрамасăр пуçĕсене вут-çулăм ăшне чикмен пулсан, тăшмана çĕнтерейĕттĕмĕр-ши! Шел те, хальхи вăхăтра пирĕнтен çамрăкрахисем кун пирки шутласшăн мар. Ун чухне эпир, Тăван çĕршыв ачисем, питĕ кирлĕ пулнă. Халĕ юрăхсăр пулас. Çакнашкал шухăш патне ахальтен килсе тухмарăм. Вăрнар поселокĕнче 1949 çултанпа пурăнатăп. Райĕçтăвкомра ĕçлерĕм, архив заведующийĕ пултăм. Пĕр сăмахпа каласан, вăрçă хыççăн та çĕршыва усă кӳме тăрăшрăм. Анчах хĕрĕх çул хушшинче хăтлă хваттер илеймерĕм.**

**Сывлăх хавшаса çитрĕ. Ĕçлейместĕп. Пĕр машина вутă 150 тенкĕ тăрать. Унпа çеç пурăнмалла мар-çке-ха. Ыттине те туянмалла. Таварсен хакĕсем ӳссе пыраççĕ. Каппа пулсан, малашне пирĕн, ватăсен, мĕнле пурăнмалла!**

**Ф. КВАСОВ,**
**Аслă Отечественнăй вăрçă инвалиĉĕ».**
**Вăрнар районĕ.**

Пăшархантаракан çыру. Çапла мар-и? Пенсионерсем, хайсен пурнăçне мĕнле те пулин майлаштаркалас тесе, колхоз правленийĕсенче, совхоз дирекцийĕсенче, ял Совечĕсен ĕçтăвкомĕсенче пулаççĕ. Вĕсенчен пулăшу кĕтсе илейменнипе района каяççĕ. Пĕр пуçлăх патĕнчен теприн патне çитеççĕ. Анчах чылай чухне вăхăта пустуй çеç ирттерсе çӳрени пулать. Совет, хуçалăх органĕсенче, варман хуçалăхĕсенче, йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерекен организацисенче ĕçлекенсенчен чылайăшĕн тимлĕх çитес кайманнине пирĕн редакцие ĕçпе вăрçă ветеранĕсенчен килекен çырусем те çирĕплетеççĕ.

Çапла, чун ăшши çитмест нумайăшĕн. Ыйвăр пурнăçа пула асапланакансене хĕрхенесси таçта кайса çухалнă. Çăн та, халĕ ватăсен ыйтăвĕсем çине ытларах пăхма пуçларĕç. Республикăра 150 пин ытла çыннăн пенси укçине ӳстернĕ. Пĕлтĕрхи августăн 20-мĕшĕнчен пуçласа кăçалхи февралĕн 18-мĕшĕччен «Ыркăмăллăх» акцине ирттереççĕ. Çак ĕçе вырăнсенче ертсе пыма пур районсенче те оргкомитетсем туса хунă. Вĕсене социаллă пулăшу, культура, суту-илӳ, профсоюз, комсомол работникĕсене тата хуçалăх руководителĕсене кĕртнĕ. Акци пына тапхăрта пулăшу кĕтекен пур йышши çынсене те палăртаççĕ. Хайсем тĕллĕн ... [illegible] Шăмăршă районĕнчи «Ленинская искра» колхоз 145 çынран кашнинех пĕр уйăх пенсийĕ чухлĕ панă. Çĕнĕ Шупашкарти «Гамма» кооператив 12 пенсионера уйăхсерен 30-шар тенкĕ парса пулăшать. Шупашкарти Иванов урамĕнчи чиркӳ Мускав райĕçтăвкомĕн счечĕ çине 5 пин тенкĕ куçарма палăртнă. Шел те, çакнашкал ыра тĕслĕхсем сахал.

Çакна каламаллах ĕнтĕ: «Ыркăмăллăх акцине» Шупашкарта ытти çĕртинчен активлăрах хутшăнаççĕ. Шупашкарти приборсем тăвакан заводпа пир-авăр комбиначĕн укçи-тенкипе туна ветерансем çуртне илер. Унта лайăх пурăнма тата канма условисем пур. [illegible] термелли зал, ата-пушмак, сехет юсакан мастерскойсем, столовăй... Çĕре ялан пенсионер валли уйăхсерен хайсем тупса илеймен таварсем илсе килеççĕ. Хĕрĕхĕшне социаллă работниксем пăхса тăраççĕ.

Республикăри ватăсен çуртĕсем тата пурха, анчах пурнăç условийĕсем нумай енепе Шупашкартине çитмеççĕ. Кунти райĕçтăвкомсем социаллă пулăшу уйрăмĕсем тăвас, вĕсен ĕçне йĕркелес тĕлĕшпе чылай маларах пынине палăртмалла. Лайăх тĕслĕх вырăнне Мускав райĕçтăвкомĕн социаллă обеспечени пайĕн социаллă пулăшу уйрăмне илсе кăтартма пулать. Иккĕмĕше пирки маларах каларăм ĕнтĕ. Çакна çеç палăртам: ватăсен çуртĕнчисемсĕр пуçне, вăл пĕччен пурăнакан тĕпер 40 пенсионера пăхать. Пĕрремĕшне 90 çын çирĕплетнĕ. Унта 26 социаллă работник ĕçлет. Хайсем пăхакан пенсионерсем патĕнче кашни эрнере 3—4 хут пулаççĕ. Пулăшма шкул ачисем те çӳреççĕ. Районта пенси илеймен 32 çынна 30-шар тенкĕ пособи параççĕ.

Ленин районĕнчи социаллă пулăшу уйрăмĕ — 120, Калинин районĕнчи 72 çынна пăхать. Мĕн кирлине тăваççĕ-ха. Социаллă работниксенчен чылайăшĕ тарăшса ĕçленине уйрăм заведующийĕсем те, ватăсем та палăртаççĕ. Анчах пĕччен пурăнакан, хайсем тĕллĕн тухса çӳреймен пенсионерсем 192-ĕн мар, темиçе хут нумайрах çке. Сăмахран, Ленин районĕнче кăна вĕсем 1.650. Çавсемех пенси сахал илеççĕ. Çак йывăрлăхран мĕнле тухмалла? Социаллă пулăшу уйрăмĕсем ытларах йĕркелемелле мар-ши? Ан тив, кашни вăтă çынна пăхса тăмалла пултар. «Укçа-тенкĕ аçтан тупĕç?» — ыйтĕç хăшпĕрисем. «Ĕç коллективĕсенчен», — тесшĕн эпĕ. Тахçан хăйсен коллективĕсенче ĕçленисене ватлăхра пулăшма никам та хирĕç мар пулĕ.

Социаллă пулăшу уйрăмĕсемсĕр пуçне, хăйсем тĕллĕн çӳреймен, пĕччен пурăнакан 832 пенсионера республикăри Хĕрлĕ Хĕрес обществин ыркăмăллăх службин пăхать. Ватăсене нумаях кирлĕ мар. Тепĕр чухне ăшă сăмах калаçа ирттни те вĕсемшĕн тем пекех.

Хамăр халăхăн ĕмĕртен ĕмĕре пыракан пархатарлă та саваллă йăли-йĕркине — ватлăхра пĕччен тарса юлнисене, инвалидсене, ĕçпе вăрçă ветеранĕсене пăхассине манăçа хăварар мар, пултарнă таран пулăшар. Ку тĕлĕшпе идеологи работникĕсен хăйсен тата калă сăмахне калама вăхăт çитнĕ. Çулпа кĕçĕнрехисем аслăраххисене хисеплеменнине, ăрусем хушшинчи çыхăнусем пăсăлса кайма пуçланине курмăш пулмалла мар.

Ю. МИХАЙЛОВ,
редакцин идеологи пайĕн корреспонденчĕ.

---

*Суйлав умĕн*

# Ĕç коллективĕсем сĕнеççĕ

**Виçĕмкун РСФСР, Чăваш АССР тата вырăнти Советсен халăх депутачĕсене суйлама кандидатсем тăратмалли тапхăр вĕçленчĕ.**

Шупашкар районĕнчи Ишлейри вăтам шкулти ĕç коллективĕсен перлехи конференцийĕ пулса иртрĕ. Больницăран, ача-пăча санаторийĕнчен, райпоран тата вăтам шкултан яна делегатсем 178-мĕш Ишлей суйлав округĕ тăрăх Чăваш АССР халăх депутатне, çавăн пекех вырăнти Советсен халăх депутачĕсене суйлама кандидатсем тăратрĕç.

Ишлейри участок больницинчи парти организацийĕн секретарĕ А. Г. Филипс сăмах илчĕ.

— Эпĕ, — терĕ вăл, — 178-мĕш Ишлей суйлав округĕ тăрăх Чăваш АССР халăх депутатне суйлама Л. М. Егоровăна кандидата тăратма сĕнетĕп. Лидия Михайловна пирĕн больницăра вунпике çул шăл тухтăрĕнче ĕçлет. Хайĕн ĕçне лайăх пĕлет. Ăна больницăра тата халăх хушшинче хисеплеççĕ.

Л. М. Егорова кандидатурине шкул, райпо, санатори тата больница ĕçченĕсем ырларĕç, ăна пĕр сасăпа пулса, 178-мĕш Ишлей суйлав округĕ тăрăх Чăваш АССР халăх депутачĕ пулма кандидата тăратрĕç.

Конференци делегачĕсем 40-мĕш суйлав округĕ тăрăх Шупашкар район Советне пилĕк кандидат сĕннĕ. Вĕсенчен иккĕшĕ — участокри тĕп врач Эвальд Иванович Андреев тата Ишлейри вăтам шкул директорĕ Владимир Павлович Ермаков пуринчен ытларах сасă пухнă.

Ишлей ял Советне суйлама тăратнă кандидатсем хушшинче — «Ишлейский» совхоз директорĕ Юрий Николаевич Машанов тата Шайкильт ялĕнче пурăнакан Раиса Михайловна Смирнова.

**В. ТЕРЕНТЬЕВ,**
**Ишлейри вăтам шкул учителĕ.**

* * *

Çак кунсенче «Родина» совхозри ĕçченсен суйлав умĕнхи пухăвĕ пулса иртнĕ. Унта Г. Н. Кашаева трактористкăн, Л. И. Николаев, Н. К. Васильев шоферсен тата совхоз директорĕн В. В. Юсовăн ячĕсене асăннă.

Ытларах сасăпа 135-мĕш Терлемес суйлав округĕ тăрăх Чăваш АССР халăх депутатне суйлама Валерий Витальевич Юсова кандидата тăратнă.

**В. ПЕРОВ.**
Куславкка районĕ.

# Кандидатсем тăратнă

РСФСР халăх депутатне суйламалли 889-мĕш Мускав суйлав округне кĕрекен ĕç коллективĕсенче Россия Федерацийĕн чи аслă органне депутата суйлама кандидатсем тăратас тĕллевпе пухусем ирттернĕ.

Шупашкарти музыка училищин коллективĕ РСФСР халăх депутатне суйлама училищĕри теори уйрăмĕн заведующине Светлана Ильинична Макаровăна, хулари 34, 39, 45, 48-мĕш вăтам шкулсенчи ĕç коллективĕсен пĕрлехи пухăвĕ — 34-мĕш вăтам шкул директорне Евгений Михайлович Шебалова, Хĕрлĕ Хĕрес обществин Чăваш республикинчи комитечĕн пленумĕ — Чăваш АССР сывлăха сыхлас ĕç министрне Николай Григорьевич Григорьева, республикăн 1-мĕш клиника больницин коллективĕ Чăваш АССР Министрсен Совечĕ çумĕнчи чĕлхе, литература, историпе, экономика наука тĕпчев институчĕн социологи пайĕн аслă наука сотрудникне Петр Степанович Краснова кандидата тăратнă. Çапла вара, пĕр депутат мандачĕшĕн темиçе çын кĕрешĕве тухать.

**А. МАТВЕЕВ,**
**округри суйлав комиссийĕн секретарĕ.**

* * *

В. И. Ленинăн Тĕп музейĕн Шупашкарти филиалĕн совечĕ çак кунсенче пулса иртнĕ пухура Ленин район Совечĕн халăх депутатне суйлама Б. А. Никитин экскурсовода кандидата тăратрĕ.

Борис Архипович 1925 çулта çуралнă, 1946 çултанпа КПСС членĕ, Аслă Отечественнăй вăрçă ветеранĕ. «Пĕлӳ» обществăн активлă пропагандисчĕ пулнă май, çамрăксене патриотла воспитани парас енĕпе нумай ĕçлет.

**А. ИВАНОВ,**
**В. И. Ленинăн Тĕп музейĕн Шупашкарти филиалĕн совечĕн президиумĕн членĕ.**

# Тĕрлĕ майпа усă курса

Халăх интересĕсене хӳтĕлеме пултаракан Советсем чăмартасчĕ çитес суйлавра, — çапла шутлать Çĕнĕ Шупашкар хулинчи суйлав комиссийĕн председателĕн заместителĕ, партин хула комитечĕн иккĕмĕш секретарĕ И. Чернов. — Çуркунне ирттерне суйлаври йăнăшсене шута илесчĕ: ун чухне суйлава хатĕрленсе çитменни палăрчĕ, пĕрисен активлăхĕ çитмерĕ, теприсем вырăнсăр çине тăни курăнчĕ.

Халĕ пире çынсен шухăш-кăмăлĕ пăсăлса пыни, преступлени тăвасси ӳсни, ĕçкĕпе иртехни, пурнăç шайĕ чакса пыни хумхантарать. Суйлава хатĕрленнĕ кунсенче çав кăлтăксене пĕтерме, йĕркелĕхе çирĕплетмешкĕн хула фондне туса хума палăртнă. Наци интересĕсемпе йăли-йĕркине ытларах шута илсе, культурăпа чĕлхене анлăрах сарас, çамрăксене воспитани парассине лайăхлатас пулать. Пĕрремĕш кварталта çамрăксем хăйсен программине йышăнасçĕ. Вĕренӳ заведенийĕсемпе культура учрежденийĕсен пурлăх никĕсне çирĕплетме палăртнă. Çамрăксемпе ĕçлеме партипе совет, комсомол работникĕсене, педагогсемпе юристсене ытларах хутшăнтармалла. Хулара тухакан хаçатпа, радиопа анлăн усă курма май пур çак ĕçре.

Çĕнĕ Шупашкар РСФСР халăх депутачĕсене суйламалли 142-мĕш наци-территори тата 893-мĕш территори суйлав округне кĕрет. Хулара Чăваш АССР халăх депутачĕсене суйлама 17 округ йĕркеленĕ. Хуларри ĕç коллективĕсенчен чи малтан асфальтпа бетон заводĕнче депутата суйлама кандидатсем тăратрĕç.

Чăваш АССР халăх депутачĕсене суйлама 81-мĕш Строительнăй суйлав округĕ тăрăх виçĕ кандидат тăратрĕç. В. Шашкин формовщикпа В. Данилов мастер хăйсен кандидатурисене каялла илчĕç. Виççĕмĕшĕ — завод директорĕ И. Николаев. Вăл хăйĕн ĕç программипе паллаштарчĕ.

Суйлав умĕнхи активлăх ӳссе пынине çак тĕслĕхрен те курма пулать: СССР халăх депутатне суйлама пилĕк ĕç коллективĕнчен кăна кандидатсем тăратнă пулсан, халĕ чылай çĕрте пухусем иртнĕ. 10-мĕш вăтам шкулта, акă, çынсен шухăш-кăмăлне малтанах ыйтса пĕлнĕ. Ун синчен пухура та пĕлтернĕ. Ку вара кандидатсем тăратас ĕçе чылаях çăмăллатнă, пуху та активлă иртнĕ. Пухăннисене чĕнсе калана май, КПСС хула комитечĕ çумĕнчи партkомисси председателĕ Ю. Карпухов çапла пĕлтерчĕ: кашни округранах виçĕ кандидатран кая тăратас марччĕ. Енчен, виççĕшĕ те кирлĕ таран сасă пухаймасан, тепĕр хут сасăламалла пулать, ку вара, унччен хиск, темиçе хут суйлав ирттерничен выранлăрах пулĕ. Кунта Р. Федорова, Т. Лещеева, Т. Сорокина тата А. Бузыгина учительсен ячĕсене асăннă.

«Чувашградострой» проектпа строительство перлешевĕнче В. Шембаков главнăй инженера РСФСР халăх депутатне суйлама кандидата тăратнă. Вăл производствăна аталантарас, çĕнĕ техникăна алла илес тесе нумай тăрăшать. Çак пĕрлешӳ начальникĕн заместителĕ А. Михеев та авторитетлă çын. Вăл тăрăшнипе кунта хуçалăх расчечĕ, аренда подрячĕ анлăн саралса пыраççĕ. Анатолий Васильевича Чăваш АССР халăх депутатне суйлама кандидата тăратнă.

**В. КУЗЬМИН.**

---

# Шупашкар çыннисем валли

**Енер ирхине 6 сехет те 15 минутра эфира пĕрремĕш хут «Тĕп хула курьерĕ» радиопередача тухрĕ.**

Чăвашрадио хатĕрлекен çĕнĕ передача — ятарласа хамăр республикăн тĕп хулин çыннисем валли. Ăна Шупашкарта кăна параççĕ. Передача вунпилĕк минута пырать, вырсарникунпа тунтикунсăр пуçне кашни кунах пулать.

— Çĕнĕ ĕçе пуçăннă май, Эдуард Жебит корреспондент хула тăрăх нумай çӳрерĕ, çынсемпе тĕл пулса, вĕсен шухăш-кăмăлĕпе паллашрĕ, сĕнĕвĕсене çыра-çыра илчĕ, — каласа парать Чăвашрадион экономикăпа социаллă проблемăсен пайĕн заведующийĕ, «Тĕп хула курьерĕ» передачăшăн ответлă Н. Мулянов. — Халăха хумхантаракан пур ыйтусене те çеклесшĕн эпир. Передачăсенче хулан социаллă аталанăвĕ, халăх депутачĕсен Совечĕсен ĕçĕ-хĕлĕ, коммуналлă хуçалăх службин, йăла предприятийĕсен проблемисем пысăк вырăн йышăнмалла. Енерхи пĕрремĕш тăлпулура Шупашкар хула Совечĕн ĕçтăвкомĕн председательне С. В. Шалимова сăмах патăмăр. Вăл хула çыннисем валли ятарласа передача хатĕрлеме пуçланăшăн Чăвашрадиона чĕререн тав турĕ. Шупашкарта пурăнмалли çурт-йĕр тăвас программа мĕнле пурнăçланса пыни, апат-çимĕçпе тивĕçтерес, халăха кирлĕ таварсем туса кăларас тĕлĕшпе ĕçсем мĕнле пыни çинчен каласа пачĕ. Станислав Владимирович хула çыннисене урамсенче, кил-çуртра, общественлла вырăнсенче тасалăхшăн кĕрешме чĕнсе каланине те кашнин чунпа йышăнасчĕ.

Шупашкарсем çĕнĕ передачăна ырласа йышăннине палăртма кăмăллă. Çĕнĕ передачăна ăнăçу сунас килет.

**А. ЛУКИЯНОВА.**

---

# *Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕнче*

Апат-çимĕç промышленноçне аталантарма пысăк тӳпе хывнăшăн Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ Тамара Тимофеевна Бударинăна — «Чувашхлебпром» территори производство пĕрлешĕвĕн Çĕнĕ Шупашкарти макарон фабрикин директорне — **«Чăваш АССР промышленноçăн тава тивĕçлĕ работникĕ»** хисеплĕ ят панă.

* * *

Чăваш совет музыкине аталантарас енĕпе тава тивĕçлĕ ĕçсем тунăшăн Анатолий Михайлович **Михайлова** — СССР Композиторсен союзĕн членне, Чăваш АССР культурăн тава тивĕçлĕ работникне — **«Чăваш АССР искусствăсен тава тивĕçлĕ деятелĕ»** хисеплĕ ят панă.

* * *

Совет чăваш музыка искусствинчи тава тивĕçлĕ ĕçсемшĕн Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ Чăваш государствăн музыка театрĕн çак работникĕсене **«Чăваш АССР культурăн тава тивĕçлĕ работникĕ»** хисеплĕ ят панă:

Николай Тимофеевич **Артемьева** — оркестр артистне,

Юрий Андреевич **Карасева** — хор артистне.

# БРОШЮРА КĂЛАРНĂ

«М. С. Горбачев. Çĕнетӳ шăпи — парти пĕрлĕхĕнче. КПСС Центральнăй Комитечĕн 1989 çулхи декабрĕн 25-мĕшĕнче ирттернĕ Пленумĕнче тунă доклад» брошюра пичетленсе тухнă.

Брошюрăна Политиздат кăларнă тата «Красный пролетарий» типографире пичетленĕ.

(ТАСС).

# ТĂВАН ÇĔРШЫВРА

СССР

ТАСС КОРРЕСПОНДЕНЧĔСЕМ ПĔЛТЕРЕÇÇĔ

### Алма-Ата

Республикăри Наукăсен академийĕн Ядерлă физика институчĕн ученăйĕсем тата Онкологипе радиологин Казах наука тĕпчев институчĕн специалисчĕсем туса хатĕрленĕ çĕнĕ установка чĕрчунсен организмĕсене ион пайĕркисем мĕнле витĕм кӳнине тĕпчеме май парать. Кунта отрасльсем хушшинчи медицина радиацийĕн лабораторине йĕркеленĕ, вăл тĕрлĕ профильпе ĕçлекен специалистсене пĕрлештерĕ, савна май физиксемпе медиксем творчество союзĕ йĕркеленĕ. Çак наука подразделенийĕнче радиаци биологийĕпе медицини енĕпе пĕрлехи тĕпчевсем ирттерме пăхнă. Вĕсен тĕллевĕ — диагностикăра, сиплев ĕçĕнче ион пайĕркисемпе усă курмалли майсене палăртасси. Савăн пекех кунта рак чирĕсене пайăркапа сиплемелли меслетсене тĕпчеççĕ. Ученăйсем радиацие сыхăннă производствăсене те контроллесе тăрĕç.

### Гурджаани

Грузи ССРĕнчи Гурджаанире «Грузэлектромаш» пĕрлешĕвĕн «Электромашина» заводĕнче йăлара усă куракан электроприборсем валли çĕнĕ йышши пĕчĕк двигательсен пĕрремĕш партине туса хатĕрленĕ. Ку двигательсем унчченхи модельсенчен чылай уйрăлса тăраççĕ: вĕсене тума икĕ хут сахалрах металл тăкакланать, çавăн пекех вĕсем чăтăмлăрах. Çĕнĕ двигательсене Марипольри «Электробытприбор» завода ăсатнă.

### Минск

Белоруссин столицинче СССР Наукăсен академийĕн наукăпа техника ĕçĕсен, тĕпчевсемпе социаллă пуçарусен центрĕн Белоруссири изобретательсемпе рационализаторсен филиалне пулăшу паракан уйрăм уçăлнă. Ку фирма изобретенисем туниле кăна лăп... Халĕ, самахран, çирĕм метр тарăшĕнчен шыв уçлакан насуспа та, ультрасасă технологийĕн установкисемпе те, çавăн пекех ытти интереслĕ çĕнĕлĕхсемпе те усă кураççĕ. Предприятисем фирмăпа унăн станокĕсемпе, оборудованийĕпе усă курмашкăн килĕшӳсем тăваççĕ. Чи ăста рабочисене заказсем пурнăçлама хутшăнтарни лайăхрах ĕçлесе илме те, çавăн пекех заводра кадрсене çирĕплетсе хăварма та ...

# ÇУЛТАЛĂК ÇУРĂРА

## «Ленинец» колхозра 20 ытла обществăлла çурт-йĕр туса лартнă

ПИРĔН колхозра строительство ĕçĕсем яланах чылай пулнă, анчах халĕ уйрăламах нумай. 1988 çулхи июль çурринче пирĕн колхоз икке уйрăлчĕ. Хуçалăха кирлĕ чылай çурт-йĕр Алманч ялĕнче тăрса юлчĕ: выльăх-чĕрлĕх усрамалли пысăк комплекс, ача сачĕ... Çапла вăра колхоз правленийĕ умне йывăр ыйту сиксе тухрĕ.

Тĕрĕссипе, колхозсем пĕчĕкленнине эпĕ ытла сивлеместĕп — çакăн усси пулма пултарать. Анчах хальхинче уйрăлу кĕтмен сĕртен пулса иртрĕ, пирĕн колхозра обществăлла çурт-йĕр питтĕ сахал тăрса юлчĕ. Уйрăмах выльăх-чĕрлĕх усрама йывăрланчĕ. Кӳршĕсен витисем пушă ларнă чух пирĕн ĕнесем усă çĕртех хĕл касрĕç. Халĕ те вăхăтлăх тунă сарайра 140 ĕне усратпăр.

Çакна та каласа хăвармалла — йывăрлăх пулсан та, выльăх-чĕрлĕх пăхакансем чунтан-вартан тăрăшса ĕçлеиипе продукци туса илесси чакмарĕ. Государство заказне сĕт сутассипе 10 уйăхрах тултартăмăр. Çăм, аш сутас енĕпе те тултарнă. Доярккăсем халĕ кашни ĕнерен талăкра 14 килограмм сĕт суса илеççĕ. Паллах, кунта выльăх апачĕ çителĕклĕ хатĕрлени пысăк пĕлтерешлĕ. Пĕлтĕр кашни гектартан 20 центнер ытла тĕштырă, 259 центнер çĕрулми, 566 центнер тымарсимĕс, 409 центнер кукуруза, пĕр çул ӳсекен курăк ути 35.6 центнер, нумай çул ӳсекен курăк ... 41.6 центнер туса илтĕмĕр. Анчах выльăх-чĕрлĕх пăхакансене йывăрлăхсене сĕнтерме колхозри строительсен тимлĕхĕ, вĕсем кĕске хушăрах витесем лартма шантарни пулăшрĕ пулмалла.

ХУÇАЛАХ меслечĕпе ĕçлесе, колхоз строителĕсем çак хушăра Ксыл Чишма ялĕнче 108 ĕне вырнаçмалăх вите туса пĕтерчĕç. Красномайск ялĕнче 100 пăру валли вите тăвассине вĕçленĕпе пĕрех. Унтах Канашри ял строительство комбиначĕ 200 ĕне валли вите туса пĕтерет — ытти ĕççене хамăр строительсен вăйĕпе пурнăçламалла. Килес çул çакăн евĕр тепĕр ĕне вити тума тытăнмалла.

### ЯЛТИ СТРОЙКĂСЕНЧЕ

Хуçалăх экономика тĕлĕшĕнчен тĕреклĕ. Декабрьте банкра 2 миллион тенке яхăн ирĕклĕ укçа пулнă. Таса тупăш миллион тенке çитессе шанатпăр. Тĕслĕхе, 2900 тонна сортлă çĕрулми сутса 1 миллион та 110 пин тенкĕ илтĕмĕр. Ирĕклĕ укçа пурри вара строительствăра хуçалăх меслечĕпе ĕçлеме май парать. Кирпĕч, цемент, ытти строймагериал тупма района, республикăна ертсе пыракан органсем пулăшаççĕ. анчах чылай чух хамăр тĕллĕнех тĕрлĕ организацисемпе ĕçлĕ хутшăну йĕркелетпĕр, ылмаштару меслечĕпе усă куратпăр.

Хуçалăхсем хушшинчи «Батыревская» строительство организацийĕ те колхоза пулăшрĕ. 1500 тонна çĕрулми вăрлăхĕ упрамалли хранилище туса пачĕ.

КОЛХОЗРИ строительсем — хастар çынсем. Валерий Леонтьев инженер-строитель, Леонид Косолапов прораб, Энвер Алиуллин, Борис Мышов, Анатолий Быков бригадирсем ертсе пынипе вĕсем çулталăк çурăрах колхозра 20 ытла обществăлла çуртйĕрпе тĕрлĕ хуралтă туса лартрĕç. Çӳлерех асăннисемсĕр пуçне, çак хушăра икĕ автотараса, тырă хумалли тăватă кĕлет, асфальтланă пилĕк йĕтем, пĕр плотина, автозаправка станцийĕ хута ятăмăр. Ксыл Чишма ялĕнче 350 вырăнлăх Культура керменĕн иккĕмĕш хутне купалаççĕ, аптека çуртне витмелли сеç юлнă. Красномайск ялĕнче 90 вырăнлăх ача сачĕ валли никĕс хывма пуçланă. Çав хушăрах ялти шкулсене пулăшма та манмастпăр — Ксыл Чишмари вăтам шкул çивиттине тĕпрен юсаса патăмăр.

Шкулăн кивĕ çуртне юсаса, Улатăрти «Электроприбор» завод валли платăсем пухакан, катушкăсем чĕркекен хушма цех усрăмăр. Шкулăн тепĕр çуртне юсарăмăр, пĕр хутĕнче реле пухакан цех усасшăн. Ку пур енчен те усăлли каламасаpax паллă — хуçалăх тупăш илет, халăха ĕçлеме вырăн пур, ĕç укçи лайăх. Ял самрăкланасси те кус умĕнчех — хушма цехра ĕçлекен 90 çынран 15 хĕр, мăшăрланса, ача амăшĕ пулса тăчĕ. Малашне цехсене пысăклатсан, унта самрăксем тата нумайрах ĕçлĕç. Апла тăк, пире Ксыл Чишмара та ача сачĕ кирлĕ — халĕ вăтам шкул çурчĕн пĕр пайĕнче ача сачĕ уçма проект хатĕрлетпĕр. Шкулăн çĕнĕ çурчĕ виçĕ хутлă, унта пурин валли те вырăн çитет.

КОЛХОЗ экономикине тĕреклетес, ĕçлекенсен пурнăç условийĕсене лайăхлатас тĕлĕшпе пирĕн тепĕр сĕнӳ те пур. Республика Министрсен Советĕнчен эпир районти йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерекен комбинатăн Ксыл Чишмари çĕвĕ цехне колхоз çине куçарма ыйтатпăр — ăна валли юсаса хатĕрленĕ çурт та пур.

Тепĕр сĕнӳ — республикăри Сывлăха сыхлас ĕç министерствине. Хуçалăх пĕчĕкленнĕ май, специалистсен шучĕ чакрĕ. Колхоз правленийĕн икĕ хутлă çуртне участокри больница валли пама хатĕр. Ксыл Чишмари участок больници таврари халăхшăн питĕ кирлĕ, халăхра унта ĕçлекенсене хисеплеççĕ, анчах та çурчĕсем тăвăр, сипленес текенсен ыйтăвне тивĕçтерме йывăр. Ку малашне тата тепĕр больница çуртне тăвас ĕçрен те хăтарĕччĕ.

Паллах, строительство ĕçĕ нумай, тумалли татах та пур. Тепĕр чухне строймагериал ситменни те чăрмантарать. Пĕлтĕр, акă, строительство валли пĕр миллион тенке яхăн хывма палăртнăччĕ, анчах унпа усă кураймарăмăр. Апла пулин те, эпир пуçа усмастпăр, пуçарулла ĕçлесе, хуçалăха малалла аталантарма тăрăшатпăр.

**А. СИРОТКИН,**
**Патăрьел районĕнчи «Ленинец» колхоз председателĕ.**

## Кашни магазинрах— чăваш кĕнеки

Ульяновск облаçĕнче чăвашсем йышлăн пурăнаççĕ. Вĕсем наци культури мĕнле аталанса пынипе хытă интересленеççĕ. Кашни çул тенĕ пекех Шупашкартан гастроле килекен чăваш артисчĕсен спектаклĕсене юратса пăхаççĕ. Писательсем килсен, сывăх тăвансем пек таравăт йышăнаççĕ.

Анчах та Чăваш республикипе тачă çыхăну çук пирки Ульяновскра та, районсенче те кĕнеке магазинĕсенче чăваш писателĕсен кĕнекисене кӳрсе килсе сутассине йĕркелеменчĕ. Юлашки çулсенче наци ăнлавĕпе ... маллах ӳсне, ыйтăва çивĕчрех лартма тытăннă май, ларутăру лайăх еннелле улшăнни сисĕнет. Ульяновскри кĕнеке магазинĕсенче, акă, нумай пулмасть чăваш литератури уйрăмне йĕркелерĕç.

Хулан тĕп урамĕнчи — Гончаров урамĕнчи кĕнеке магазинне кĕрер-ха. Унччен кунта чăваш кĕнекисене курма çукчĕ. Халĕ чăваш тата тутар кĕнекисем валли кашнине уйрăм вырăн уйăрнă. Шупашкарта ĕçлесе пурăнакан чылай писателĕн кĕнеки пур. Çакă мана, Чăваш республикинчен килнĕ çынна, питĕ савантарчĕ. Туянакансем пур-и тесе, чылайччен тăтăм. Пĕри пырса чăваш кĕнекисене уçкаласа пăхать, тепри. Хăшпĕрисем туянаççĕ. Темиçешер кĕнеке илекенсем те пулчĕç. Вĕсенчен пĕринпе палăшрăм.

— Ульяновскри автозаводра вунçичĕ çул ĕçлетĕп. Кунта килсе вырнаçиччен Чăваш республикинчи Патăрьел районĕнчи Вăрманхĕрри Шăхаль ялĕнче пурăннă. Çуралса ӳснĕ çĕршыв, тăван чĕлхе темрен те хаклă. Вырăссем хушшинче ĕçлесе пурăнатăп пулин те, чăвашла калаçас, вулас килет. Кĕнеке магазинне тăтăш кĕрсе тухатăп. Чăваш кĕнекисен пайне йĕркеленнишĕн питĕ хĕпĕртерĕм. Авă, Шупашкартан çĕнĕ кĕнекесем кӳрсе килнĕ те, темиçе туянтăм, — терĕ Надежда Поликарповна Ильина.

Д. Минаев урамĕнчи кĕнеке магазинĕнче те пултăм. Вăл çĕнĕ, пысăк. Кунти чăвашла тутар литературисен пайĕнче кĕнекесем уйрăмах нумай.

— Чăвашла, тутарла пичетленсе тухакан литература кӳрсе килме ятарласа çын уйăрчĕç, çакăн хыççăн лав вырăнтан хускалчĕ теме те юрать,— каласа пачĕç кĕнеке магазинĕнче ĕçлекенсем.

Ыра ĕç пуçарнă Ульяновскра.

**И. МАТРОСОВ.**

## Уяв парни

ЕТĔРНЕ. Çĕнĕ çул уявĕ умĕн хулара пысăк, хăтлă автовокзал уçăлчĕ. Ăна Етĕрнери юсавпа строительство участокĕ тунă. Шупашкарти «Стимул» кооператив çурта шал енчен тăрăшса илемлетнĕ, урайне мрамор плитасем сарнă.

Çĕнĕ вокзал тума 500 пин тенкĕ укçа тăкакланă. Кунтан автобуссем 15 маршрутпа çула тухаççĕ.

Автовокзал уçăлнă ятпа пĕчĕк митинг пулса иртрĕ. Хула çыннисем строительсене уяв умĕнхи парнешĕн чĕререн тав турĕç. Культура çурчĕ çумĕнчи фольклор ансамблĕ пухăннисене концертпа савăнтарчĕ.

**Г. АРХИПОВ.**
**(Хамăр корр.).**

# ТЕЛЕМАРАФОН

СОВЕТ ачисен фончĕн пулăшу билечĕсене халлĕхе 100 пин тенкĕлĕх ытла сутăннă. 1-мĕш стройтрест, хладокомбинат...

# УРĂХ ÇĔРШЫВСЕНЧЕ

## Хутшăну лайăхланать

ВАШИНГТОН. (ТАСС). Совет Союзĕ шалти тата тулашри политикăра тăвакан пуçарусемпе позитивлă утăмсем «Пĕрлешӳллĕ Штатсемпе Совет Союзĕ хушшинчи хутшăнусене тĕпрен лайăхлатма, çавăн пекех тарăн улшăнусем туса ирттерме кирлĕ çирĕп никĕс туса хучĕç». Çакăн пек пĕтĕмлетӳ тунă «Америкăпа Совет Союзĕ хушшинчи хутшăнусен пуласлăхĕ» кĕнекене пухса хатĕрлекенсем. Ăна Джонс Гопкинсăн тулашри политикăна тишкерес енĕпе ĕçлекен институчĕ пичетлесе кăларнă.

«США па ССР Союзĕн стратегилле хĕçпăшалне, ахаль вăйĕсене тата ытти хĕçпăшала пĕр пек шайра палăрмаллах чакарас тĕлĕшпе тунă сĕнӳсене, палăртнă тĕпчевре, пур енĕпе те усăллă тата халиччен пулман ĕç вырăнне хурса хаклamaлла. Çакна 1987 çулхи декабрьте Совет Союзĕпе Америка хушшинче вăтам тата пĕчĕк инçĕшне çитекен ядерлă ракетăсене чакарасси çинчен тунă договорпа килĕшӳллĕн пурнăçа кĕртме пултараççĕ. Çӳлерех асăннă хĕçпăшалпа хĕçпăшаллă вăйсене пĕр пек шайра тытса тăмашкăн Генеральнăй секретарь Михаил Горбачев 1988 çулхи декабрьте ООНра совет Хĕçпăшаллă Вăйĕсемпе хĕçпăшалне пĕр енлĕ чакарасси çинчен пĕлтернипе килĕшӳллĕн малалла ĕçлени те пулăшма тивĕçлĕ.

Çакăнпа пĕр вăхăтрах, палăртнă сборникра, США па СССР хушшинче «виççĕмĕш тĕнчери» çĕршывсенчи регион ыйтăвĕсем тăрăх дипломат енчен консультацисем ирттерни те вăраха кайнă хирĕçӳсене каштах лăплантарма пулăшнă. Çав шута Афганистанри, Перси заливĕнчи, Кăнтăр Африкăпа Кăнтăр Хĕвелтухăç Азири хирĕçӳсем кĕреççĕ. Çавăн пекех Центрти Америкăпа Çывăх Хĕвелтухăçĕнче те мир туса хумалли çĕнĕ майсем уçăлчĕç.

Ядерлă хĕçпăшал тытса тăракан икĕ держава хушшинче хăшпĕр ыйтусем çине тĕрлĕрен пăхасси те пулнине пытармасăр, кĕнеке авторĕсем çапла çирĕплетеççĕ: хирĕçсе пурăнинчен пĕр-пĕрне ăнланасси патне куçни Америкăпа Совет Союзĕ хушшинчи хутшăнусенче конструктивлă тарăн улшăнусем туса ирттерме кирлĕ анлă малашлăхсем уçса парас тĕллевпе малалла куçса пыма пулăшать. Çак ĕç çăмăллăнах пулса пымасть».

## Куба çирĕп шухăшлă

ГАВАНА, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Кубăна социализм çулĕпе малалла кайма никам та, нимĕн те тытса чараймĕ. Çапла пĕлтернĕ Кубăри телевидени представителĕсене Фидель Кастро.

Пĕлтĕр Кубăри ĕç çынниcем социаллă пурнăçпа экономикăна аталантармалли чылай программăсене ăнăçлă пурнăçлама çав тери пысăк вăй хучĕç, тенĕ вăл. Нумай программăсем пурнăçланнă ĕнтĕ.

Фидель Кастро промышленность программисем ăнăçлă пурнăçланса пыни çинчен пĕлтернĕ, уйрăмах атом энергетикипе металлурги программисем пурнăçланса пынине палăртнă, ял хуçалăхĕнчи ӳсĕмсем çинче чăрăнса тăнă. Кубăра туризма вăйлăн аталантармалла, ку тĕлĕшпе усă курман майсем нумай, тенĕ вăл.

## Панамăран илсе тухаççĕ

ВАШИНГТОН, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Шурă çурт Америкăн декабрĕн 20-мĕшĕнче Панамăна тапăнса кĕнĕ çарĕсене çак çĕршывран илсе тухма тытăнни çинчен пĕлтернĕ. Чи малтанах артиллерин икĕ батарейи США на таврăнаççĕ. Хальхи вăхăтра Панамăра США н 26 пине яхăн салтакĕ тăрать.

«Президент хăшпĕр чаççем Панамăран таврăннишĕн савăнать, ытти чаççĕм май пулсанах киле таврăнасса шанать», — тенĕ журналистсене Шурă çурт представителĕ. Анчах вăл США н ытти подразделенийĕсем хăçан таврăнас пирки тĕрĕссине пĕлтерме килĕшмен.

## Маргарэт Тэтчер пĕлтерни

ЛОНДОН, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Великобритани премьер-министрĕ Маргарет Тэтчер ССР Союзĕнче хальхи йывăрлăхсене пăхмасăр çĕнетӳ сĕнтерессе шанса тăнине палăртнă. Премьер-министр Би-би-си телевидени программипе вырăсла сăмах каланă — совет халăхне Çĕнĕ çул ячĕпе саламланă. «Эпир шансах тăратпăр, сирĕн аслă çĕршывăр çĕнĕ çулта ӳсĕм çулĕ çине тухĕ. Пысăк улшăнусем çăмăллăн пулмаççĕ, анчах палăртнă тĕллевсене вы мĕн те шеллесе тăмалла мар. Мĕншĕн тесен эпир хамăрăн ачасемшĕн пурнăç тăватпăр», — тенĕ М. Тэтчер.

## Писательсем килĕштерсе ĕçлеççĕ

АДДИС-АБЕБА. Совет писателĕсемпе Эфиопи литераторĕсем хушшинчи туслă çыхăнусен аталанăвĕнче çĕнĕ тапхăр пуçланнă. Çакăн çинчен РСФСР Писательсен союзĕн правленийĕн секретарĕ В. Д. Поволяев пĕлтернĕ. СССР Писательсен союзĕн вăл ертсе пыракан делегацийĕ халĕ Эфиопире çӳрет. Хальхи вăхăтра эпир творчествăлла килĕштерсе ĕçлеме тăрăшатпăр, тенĕ делегаци руководителĕ ТАСС корреспонденчĕсене. Пирĕн хальхи визит тĕллевĕсенчен пĕри — Россия Эфиопипе тата Африкăри ытти государствăсемпе çыхăну тытни çинчен каласа паракан очеркcемпе калавсен пĕрлехи сборникне хатĕрлеме тытăнасси.

Кĕнекере Россия империйĕ, халĕ Совет Союзĕ Африкăри çĕршывсемпе тытакан çыхăнусен историллĕ аталанăвне çутатса парасшăн.

Визит вăхăтĕнче совет литераторĕсем малашне килĕштерсе ĕçлемелли майсем пирки Эфиопири писательсемпе тĕплĕн калаçасшăн.

**(ТАСС корр.).**

## Çулталăк мĕнпе палăрнă?

ТОКИО, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Японин вăрçă хыççăнхи историйĕнче пĕлтĕрхи пек ача сахал çуралнин нихăш çул та пулман. Сывлăха сыхлас ĕçпе социаллă пулăшу министерстви пĕлтернĕ тăрăх, иртнĕ вунникĕ уйăхра çĕршывра пурĕ те 1.243 пин ача çеç е виçĕмçулхипе танлаштарсан 7 пин ача сахалрах çуралнă. Урăхла каласан, кашни пин çын пуçне 10,1 ача çеç тивет. Японире юлашки 10 çул хушшинче ача çуралассu çултан-çул чакса пынă. Демографсем шутланă тăрăх, сăлтавĕ — японецсем çуллăнсан кăна мăшăрланма пуçлани, хăраххăн арçынсемпе хĕрарăмсен йышĕ ӳссе пыни.

Министерство пĕлтернĕ тăрăх, пĕлтĕр Японире вилекенсен йышĕ чылай чакнă — вăтамран кашни пин çын пуçне 6 çын кăна вилнĕ.

## Румыни пулăшу ыйтнă

НЬЮ-ЙОРК. (ТАСС). Румынин ООН Генеральнăй Ассамблейин 44-мĕш сессийĕн куна йĕркине хайне пĕр тăхтаса тăмасăр гуманитари пулăшăвĕ парас пирки ыйту кĕртме ыйтнă. Румынин ООН çумĕнчи яланхи представителĕ Петре Тэнэсие ООН генеральнăй секретарĕ Хавьер Перес де Куэльяр ячĕпе çырнă çырура çапла каланă: Румынире юлашки вăхăтра пулса иртнĕ событисене пула нумай çынсем вилнĕ, никек тӳсекенсем сахал мар пулнă. Çак йывăр тапхăрта Румыни халăхне пĕтĕм тĕнче пĕр тăхтаса тăмасăр гуманитари пулăшăвĕ пани кирлĕ.

...не тума икĕ хут сахалрах металл тăкакланать, ҫавăн пекех вĕсем чăтăмлăрах. Ҫĕнĕ двигательсене Марийпольри «Электробытприбор» завода ăсатнă.

## Минск

Белорусси столицинче СССР Наукăсен академийĕн наукăпа техника ĕҫĕсен, тĕпчевсемпе социаллă пуҫарусен центрĕн Белоруссири изобретательсемпе рационализаторсен филиалне пулăшу паракан уйрăм усăлнă. Ку фирма изобретенисем тунипе кăна лăпланса лармасть. Хапĕ, сăмахран, сирĕм метр тарăмашĕнчен шыв усракан насуспа та, ультрасасă технологийĕн установкисемпе те, ҫавăн пекех ытти интереслĕ ҫĕнĕлĕхсемпе те усă курăҫҫĕ. Предприятисем фирмĕпа унăн станокĕсемпе, оборудованийĕпе усă курмашкăн килĕшӳсем тăваҫҫĕ. Чи ăста рабочисене заказсем пурнăҫлама хутшăнтарни лайăхрах ĕҫлесе илме те, ҫавăн пекех заводра кадрсене ҫирĕплетсе хăварма та пулăшать.

## Дербент

Дагестанăн Дербент хулинче А. Бестужев-Марлинский ячĕпе хисепленекен музей усăлнă. Вăл декабрист-писатель 1830—1834 ҫулсенче ссылкăра пурăннă авалхи кварталĕн пĕр ҫуртĕнче вырнаснă. Темиҫе пӳлĕмре ҫав вăхăтри япаласемпе, вăл усă курнă сĕрмекупăспа, клавесинпа, ытти хатĕр-хĕтĕрпе паллашма пулать.

Экспозицире — Сенат площадĕнче пулса иртнĕ пăлхав ҫинчен каласа паракан тĕрлĕрен материалсем. Дагестан декабристсене ссылкăна янă Ҫурҫĕр Кавказăн пĕр кĕтесĕ пулса тăнă. Кунта В. Кюхельбекер, П. Катенин, А. Одоевский, В. Лихарев, А. Якубович тата ыттисем ссылкăра пулнă. Вĕсенчен нумайăшĕ ку тăрăхри халăха халалласа сăвăсемпе поэмăсем, повеҫсемпе калавсем ҫырнă.

## Горно-Алтайск

Горно-Алтайск интеллигенцийĕ йĕркеленĕ «Энетил» обществăлла культура центрĕн ячĕ алтайла «анне чĕлхи» тенине пĕлтерет. Ҫак организаци хула Советĕнче регистрациленĕ чухне ҫакăн пек шухăш палăртнă: алтай чĕлхине ҫăлса хăварса аталантарас тĕлĕшпе тăвакан ĕҫсем юлашки ҫулсенче пахалăх тĕлĕшĕнчен ҫĕнĕ тапхăра куҫнă. Центра ученăйсемпе писательсем, журналистсем пĕрлешнĕ. Вĕсем чи малтанах сак чĕлхене тĕпчеме, методика, учебниксемпе тĕрлĕрен литература туса хатĕрлеме наука никĕсĕ хывасшăн, халăха вĕрентес ĕҫ органĕсене хрестоматисемпе вулав кĕнекисем хатĕрлемешкĕн, социологи тĕпчевĕсемпе ытти тĕпчевсем ирттермешкĕн пулăшма хатĕр.

Алтай чĕлхине халĕ алтай ачисем ҫӳрекен шкулсенче сурринче яхăн вĕрентеҫҫĕ. Ыттисенче вара факультативсем йĕркеленĕ. Ача сачĕсенче наци ушкăнĕсем те пур. Ҫавăн пекех ҫитĕнсе ҫитнĕ ҫынсем валли курссем уҫнă.

## чăваш кĕнеки

Ульяновск облаҫĕнче чăвашсем йышлăн пурăнаҫҫĕ. Вĕсем наци культури мĕнле аталанса пынипе хытă интересленеҫҫĕ. Кашни ҫул тенĕ пекех Шупашкартан гастроле килекен чăваш артисчĕсен спектаклĕсене юратса пăхаҫҫĕ. Писательсем килсен, ҫывăх тăвансем пек таравăт йышăнаҫҫĕ.

Анчах та Чăваш республикипе тачă ҫыхăну ҫук пирки Ульяновскра та, районсенче те кĕнеке магазинĕсенче чăваш писателĕсен кĕнекисене кӳрсе килсе сутассине йĕркелеменни. Юлашки ҫулсенче наци ăнланулăхĕпе мăнаҫлăхĕ палăрмаллах ӳснĕ, ытарлă сăмахпа ҫырнă ҫынсем, лару-тăру лайăх енне улшăнни сисĕнет. Ульяновскри кĕнеке магазинĕсенче, ака, нумай пулмасть чăваш литературин уйрăмне йĕркелерĕҫ.

Хулан тĕп урамĕнчи — Гончаров урамĕнчи кĕнеке магазинне кĕрер-ха. Унччен кунта чăваш кĕнекисене курма ҫукчĕ. Халĕ чăваш тата тутар кĕнекисем валли кашнине уйрăм вырăн уйăрнă. Шупашкарта ĕҫлесе пурăнакан чылай писателĕн кĕнеки пур. Ҫакă мана, Чăваш республикинчен килнĕ ҫынна, питĕ савăнтарчĕ. Туянакансем пурри тесе, чылайччен тăтăм. Пĕрин пырса чăваш кĕнекисене уҫкаласа пăхать, тепри. Хашпĕрисем туянаҫҫĕ. Темиҫешер кĕнеке илекенсем те пулчĕҫ. Вĕсенчен пĕринпе паллашрăм.

— Ульяновскри автозаводра вунҫичĕ ҫул ĕҫлетĕп. Кунта килсе вырнаҫиччен Чăваш республикинче пурăнаттăм. Выраҫсем хушшинче ĕҫлесе пурăнатăп пулин те, чăвашла калаҫас, вулас килет. Кĕнеке магазинне тăтăш кĕрсе тухатăп. Чăваш кĕнекисен пайне йĕркеленишĕн питĕ хĕпĕртерĕм. Авă, Шупашкартан ҫĕнĕ кĕнекесем кӳрсе килнĕ те, темиҫе туянтăм, — терĕ Надежда Поликарповна Ильина.

Д. Минаев урамĕнчи кĕнеке магазинĕнче те пултăм. Вăл ҫĕнĕ, пысăк. Кунти чăвашпа тутар литературисен пайĕнче кĕнекесем уйрăмах нумай.

— Чăвашла, тутарла пичетленсе тухакан литература кӳрсе килме ятарласа ҫын уйăрчĕҫ, ҫакăн хыҫҫăн лав вырăнтан хускалчĕ теме те юрать,— каласа пачĕҫ кĕнеке магазинĕнче ĕҫлекенсем.

Ыра ĕҫ пуҫарнă Ульяновскра

И. МАТРОСОВ.

ЕТĔРНЕ. Ҫĕнĕ ҫул уявĕ умĕн хулара пысăк, хăтлă автовокзал уҫăлчĕ. Ăна Етĕрнери юсавпа строительство участокĕ тунă. Шупашкарти «Стимул» кооператив ҫурта шал енчен тăрăшса илемлетнĕ, урайне мрамор плитасем сарнă.

Ҫĕнĕ вокзал тума 500 пин тенкĕ укҫа тăкакланă. Кунтан автобуссем 15 маршрутпа ҫула тухаҫҫĕ.

Автовокзал уҫăлнă ятпа пĕчĕк митинг пулса иртрĕ. Хула ҫыннисем строительсене уяв умĕнхи парнешĕн чĕререн тав турĕҫ. Культура ҫуртĕ ҫумĕнчи фольклор ансамблĕ пуххăннисене концертпа савăнтарчĕ.

Г. АРХИПОВ.
(Хамăр корр.).

...писателĕсемпе Эфиопи литераторĕсем хушшинчи туслă ҫыхăнусен аталанăвĕнче ҫĕнĕ тапхăр пуҫланнă. Ҫакăн ҫинчен РСФСР Писательсен союзĕн правленийĕн секретарĕ В. Д. Поволяев пĕлтернĕ. СССР Писательсен союзĕн вăл ертсе пыракан делегацийĕ халĕ Эфиопире ҫӳрет. Хальхи вăхăтра эпир творчествăлла килĕштерсе ĕҫлеме тăрăшатпăр, тенĕ делегаци руководителĕ ТАСС корреспонденчĕсене. Пирĕн хальхи визит тĕллевĕсенчен пĕри — Росси Эфиопипе тата Африкăри ытти государствăсемпе ҫыхăну тытни ҫинчен каласа паракан очерксемпе калавсен пĕрлехи сборникне хатĕрлеме тытăнасси.

Кĕнекере Росси империйĕ, халĕ Совет Союзĕ Африкăра çĕршывсемпе тытакан ҫыхăнусен историллĕ аталанăвне ҫутатса парасшăн.

Визит вăхăтĕнче совет литераторĕсем малашне килĕштерсе ĕҫлемелли майсем пирки Эфиопири писательсемпе тĕплĕн калаҫасшăн.

(ТАСС корр.).

## Румыни пулăшу ыйтнă

НЬЮ-ЙОРК. (ТАСС). Румыни ООН Генеральнăй Ассамблейин 44-мĕш сессийĕн кун йĕркине хайне пĕр тăхтаса тăмасăр гуманитари пулăшăвĕ парас пирки ыйту кĕртме ыйтнă. Румынин ООН ҫумĕнчи яланхи представителĕ Петре Тэнэсие ООН генеральнăй секретарĕ Хавьер Перес де Куэльяр ячĕпе ҫырнă ҫырура ҫапла каланă: Румынире юлашки вăхăтра пулса иртнĕ событисене пула нумай ҫынсем вилнĕ, инкек тӳсекенсем сахал мар пулнă. Ҫак йывăр тапхăрта Румыни халăхне пĕтĕм тĕнче пĕр тăхтаса тăмасăр гуманитари пулăшăвĕ пани кирлĕ.

## Ҫултталăк мĕнпе палăрнă?

ТОКИО, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Японин вăрçă хыççăнхи историйĕнче пĕлтĕрхи пек ача сахал ҫурални нихăҫан ҫулта пулман. Сывлăха сыхлас ĕҫпе социаллă пулăшу министерствин пĕлтернĕ тăрăх, иртнĕ вунникĕ уйăхра çĕршывра пурĕ те 1.243 пин ача çеҫ е виҫĕмҫулхипе танлаштарсан 7 пин ача сахалрах ҫуралнă. Урăхла каласан, кашни пин ҫын пуҫне 10,1 ача çеҫ тивет. Японире юлашки 10 ҫул хушшинче ача ҫуралассу ҫултан-ҫул чакса пынă. Демографсем шутланă тăрăх, сăлтавĕ — японецсем ҫулланса кăна мăшăрланма пуҫлани, хăрахххăн арҫынсемпе хĕрарăмсен йышĕ ӳссе пыни.

Министерство пĕлтернĕ тăрăх, пĕлтĕр Японире вилекенсен йышĕ чылай чакнă — вăтамран кашни пин ҫын пуҫне 6 ҫын кăна вилнĕ.

# ТЕЛЕМАРАФОН

1990 ҪУЛХИ январĕн 7 — 8-мĕшĕсенче Совет Союзĕнче пĕррĕмĕш хут Центрти телевиденин Пĕтĕм Союзри иккĕмĕш программипе 24 сехете пыракан «Ачасен фончĕн телемарафонĕ» пулăшу передачи ирттереҫҫĕ.

Ҫак пысăк пулăшу ĕҫĕн тĕллевĕ — совет общественноҫне тата чикĕ леш енчи общественноҫа ачалăха хӳтĕлес, ача прависене сыхлас ыйтусем ҫине тимлĕрех пăхма пулăшасси. Совет ачисен В. И. Ленин ячĕпе хисепленекен фончĕн ĕҫ-хĕлĕ, унăн Пĕтĕм Союзри тата вырăнти программисен гуманистла тĕллевĕ, вĕсем обществăшăн уйрăмах пысăк пĕлтерĕшлĕ пулни ҫинчен каласа парасси. Вĕсен шутĕнче «Ыра чун-чĕре» — семье севрлĕ ача ҫурчĕсем туса хумалли программа; «Шанчăк» программăпа онкологи чирĕсемпе асапланакан ачасене пулăшу пама палăртнă; «Ача шăпине хутшăнса» — ҫак программăпа Ачасен фончĕ ача ҫурчĕсенчен вĕренсе тухакансене пурнăҫра хăйсен вырăнне тупма пулăшать; «Ача пурнăҫĕ» — ачасене медицина пулăшăвĕ парассине лайăхлатмалли программа тата ыттисем те.

ФОНДАН республикăри уйрăмĕн те вырăнти программа пур. Ҫакă — Шупашкарта ниме йĕркипе ачасен сывлăхне ҫирĕплетме пулăшакан «Сывлăх» центр туса лартасси.

«Ачасен фончĕн телемарафонĕ» ҫак программăна пурнăҫа кĕртме укҫа-тенкĕ уйăрас тĕллевпе ирттерекен пысăк пулăшу мероприятийĕ пулса тăрать. Ăна январĕн 7-мĕшĕнче 20 сехетрен пуҫласа январĕн 8-мĕшĕнчи 20 сехетчен сĕршывăн мĕнпур регионне тӳрех трансляцилеҫҫĕ.

Телепередача хатĕрленĕ тата ирттернĕ вăхăтра Ачасен фончĕн пулăшу билечĕсене салатаҫҫĕ, граждансем, предприятисемпе организацисем СССР Жилсоцбанкĕн ятарласа уҫнă 707813-мĕш номерлĕ «Ачасен фончĕн телемарафонĕ» счет ҫине, МФО 299093-мĕш тата СССР тулашри экономика банкĕн 70700004-мĕш счечĕ ҫине (валютăпа) укҫа хываҫҫĕ.

Пулăшу билечĕсене ачасен фончĕн, перекет банкĕн мĕнпур уйрăмĕсенче, суту-илӳ, ҫыхăну предприятийĕсенче, ĕҫ коллективĕсенче сутаҫҫĕ.

Харпăр хăй ирĕкĕпе хывакан укҫа-тенке государство банкĕсемпе ҫыхăнăвăн мĕнпур уйрăмĕсем пĕр чăрмавсăр йышăнаҫҫĕ.

Предприятисем, учрежденисем, организацисем, ĕҫ коллективĕсем, общество организацийĕсемпе тĕн общинисем, уйрăм граждансем республикăри ачасен сывлăхне ҫирĕплетекен «Сывлăх» центр тума хывакан укҫа-тенке Жилсоцбанкăн Чăваш АССР управленийĕнчи 707001-мĕш счечĕ ҫине йышăнаҫҫĕ. Укҫана мĕнле тĕллевпе хывнине кăтартмалла.

ТЕЛЕМАРАФОНА политикăпа обществăн паллă деятелĕсем, искусство ăстисем, эстрада, кино, рок-музыка «ҫăлтăрĕсем» хутшăнаҫҫĕ.

Республикăра ачасен 23 интернат учрежденийĕ, вĕсенче 1,5 пине яхăн тăлăх ача тата ашшĕ-амăшĕн пулăшăвĕсĕр тăрса юлнă ачасем пурăнаҫҫĕ.

### АЧАСЕНЕ ХӲТĔЛЕСЕ

Вĕсен пурнăҫне лайăхлатма государство сахал мар ĕҫ тăвать. Ҫакна КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрсен Совечĕ 1987 ҫулхи июлĕн 31-мĕшĕнче йышăннă «Тăлăх ачасене, ашшĕ-амăшĕн пулăшăвĕсĕр тăрса юлнă ачасене воспитани парассине, вĕрентсе ӳстерессине тата пурлăх парса тăрассине тĕпрен лайăхлатмалли мерăсем ҫинчен» постановлени те лайăх кăтартса парать. Анчах паянхи куншăн ку ҫеҫ сахал. Тăлăх ачасене ăшă кĕпе-тумтирпе ытти пурлăхпа пĕрлех ҫемьери лăпкă лару-тăру, ашшĕ-амăшĕ тăрăшни кирлĕ. Килти коллектив ăна пур енчен те пулăшать. Шăпах ҫак тĕллевпе ĕнтĕ ҫемье еврлĕ ача ҫурчĕсем тума палăртнă. Вĕсем пĕчĕк «хуласенчен» тăраҫҫĕ, ҫавнашкал «хулара» темиҫе пӳлĕмлĕ уйрăм коттедж вырнаҫнă. Вĕсенче 10 ачаран кая мар пăхса ҫитĕнтерме илнĕ ҫемьесем пурăнаҫҫĕ. Ҫавăн пекех темиҫе пӳлĕмлĕ уйрăм хваттерте е ачасене пăхса ҫитĕнтерме май паракан ятарлă уйрăм ҫуртра пурăнакан ҫемьесем те 5 ачаран кая мар илме пултараҫҫĕ.

РЕСПУБЛИКĂРИ ачасен сывлăхне сыхлас ĕҫ паянхи кун шайĕнчен чылай юлса пырать. Пывăр чиртен сывалнă хыҫҫăн ачасен сывлăхне малалла ҫирĕплетме нимĕнле условисем те ҫук. Ачасен санаторийĕсем сахал пулни вара кăмăл тăвакансене пурне те вăхăтра медицина пулăшăвĕ пама чăрмантарать. Чир шала кайнипе асапланакан ачасем кăна 42 пин ытла. 1991 ҫулта ачасен сывлăхне ҫирĕплетекен центр туса лартни ҫак ыйтăва чылай енчен татса пама пулăшать.

Ачасен фончĕн тĕрлĕ программа нумай. Вĕсене общество енчен пурлăхпа тата укҫа-тенкĕпе пулăшмасăр пурнăҫа кĕртме ҫук.

Ачасен фончĕн республикăри уйрăмĕ тулли кăмăлпа ҫакна палăртать: республикăри ĕҫҫыннисем общество организацийĕсем, пенсионерсемпе шкул ачисем Фонд ĕҫне активлă хутшăнаҫҫĕ, унăн тĕллевĕсемпе задачисене пурнăҫлама пур енлĕ пулăшаҫҫĕ. Икĕ ҫул хушшинче 707-мĕш счет ҫине тĕрлĕ коллективсемпе уйрăм граждансем 335 пин тенкĕ хывнă.

Республикăри ачасен сывлăхне ҫирĕплетекен «Сывлăх» центр тума 707001-мĕш счет ҫине 643 пин тенкĕ хывнă. Чи нумай укҫа хывнисен шутĕнче — Мире хӳтĕлекенсен чăваш комитечĕ тата Мир фончĕпе Ачасен фончĕн республикăри уйрăмĕсем, пир-авăр комбиначĕн, чĕлхапа трикотаж фабрикин коллективĕсем.

Ҫавăн пекех уйрăм граждансем те сахал мар укҫа хываҫҫĕ. Самахран, Шупашкарта пурăнакан Е. Т. Тихонова пенсионерка 1.500 тенкĕ хывнă. Шупашкар станцийĕн деповĕнчи тепловоз машинисчĕ В. А. Коротков 140 тенкĕ хывнă, кашни уйăхрах хăйĕн пĕр кунхи ĕҫ укҫине Ачасен фончĕн счечĕ ҫине куҫарса тăрать. Ачасене хăйсен ĕҫ укҫипе тата пенсийĕпе пулăшакансем хушшинче Тутаркасси поселокĕнчи А. К. Казанков, Шупашкарти Н. С. Дешĕвова, Ишлейри С. А. Шеин тата ытти нумай-нумай ҫын.

СОВЕТ ачисен фончĕн пулăшу билечĕсене халлĕхе 100 пин тенкĕлĕх ытла салатнă. 1-мĕш стройтрест, хладокомбинатăн, «Чувашрадиобыттехника», 61-мĕш РСУ, 50-мĕш мехколонна коллективĕсем билетсене перекет банкĕн вырăнти уйрăмĕн счечĕ ҫине куҫарса туяннă. Муркаш районĕнчи В. И. Чапаев ячĕпе хисепленекен колхозри автобус водителĕ И. А. Тихонов 50 тенкĕлĕх билет туяннă.

Ҫав вăхăтрах чылай промышленность предприятийĕнче, колхоз-совхозра, республикăри ытти ĕҫ коллективĕсенче пулăшу билечĕ сарма, Ачасен фончĕн программисене пурнăҫа кĕртмешкĕн хутшăнма май паракан условисем туса хуман.

Телемарафона хатĕрленнĕ тапхăрта мĕнпур ĕҫ коллективĕнче пулăшу билечĕсене обществăлла йĕркепе салатакан ушкăнсем туса хумалла, вĕсене билетсемпе тивĕстермелле. Районсемпе хуласенче, пысăк предприятисенче Ачасен фончĕн уйрăмĕсене йĕркелени усăллă пулĕччĕ. Ҫак ĕҫе ку таранччен те йĕркелменшĕн Ачасен фончĕн республикăри, хулари, районти уйрăмĕсем тата фонд уполномоченнăйĕсемпе активĕ те айăплă.

АЧАСЕНЕ ăс-хакăл тĕлĕшĕнчен воспитани парас ĕҫре библиотекăсем паллă вырăн йышăнаҫҫĕ. Ҫакна шута илсе, нумай граждан Халăхăн кĕнеке банкĕ урлă ачасен интернат учрежденийĕсенчи библиотекисене пуянлатас ĕҫе хутшăнать.

Ҫулталăк хушшинче ҫак банкран интернат-шкулсенчи тăлăх ачасем валли 18 пин экземпляр ытла илемлĕ литература, ача-пăча литератури панă.

Фонд уйрăмĕсемпе активисчĕсен телемарафона хатĕрленес ыйтусене канашлусенче сӳтсе явмалла. Унта сак ĕҫе тăвакан организацисене, парти, профсоюз, комсомол органĕсен, тĕн организацийĕсемпе общинисен, массăллă информаци хатĕрĕсен представителĕсене хутшăнтармалла. Республикăри мĕнпур ĕҫҫынни Ачасен фончĕн ҫĕнĕ пулăшу ĕҫĕ ҫинчен лайăх пĕлсе тăма, ачасене пулăшас ĕҫре пысăк вăй хума пултарччăр тесе нравственность тĕлĕшĕнчен тивĕҫлĕ лару-тăру туса хумалла.

В. ПРОХОРОВ,
Ачасен фончĕн республикăри уйрăмĕн правленийĕн председателĕн заместителĕ.

ГДР. Ростокри «Варнов-верфт» верфьре туса кăларакан суднăсем ҫине 25 тонна таран груз ҫĕклеме пултаракан ҫакăн пек крансене вырнаҫтараҫҫĕ. Суднăсен тăван вырăнĕ чылай чухне Совет Союзĕн тинĕс порчĕсем пулса тăраҫҫĕ. Ку оборудованине Шверин хулинчи Клемент Готвальд ячĕпе хисепленекен машинăсем туса кăларакан заводра туса хатĕрлеҫҫĕ.

● Ӳкерчĕк ҫинче: сборка ĕҫĕсем пыраҫҫĕ.

АДН — ТАСС фотоӳкерчĕкĕ.

СССР Государство банкĕнче

## Румын тата молдаван литературисен классикне — Михаил Эминескуна халалласа асăну укҫи кăларасси ҫинчен

1989 ҫулхи декабрĕн 26-мĕшĕнче румын тата молдаван литературин классикĕ Михаил Эминеску вилнĕренпе 100 ҫул ҫитнĕ май 1 тенкĕлĕх асăну укҫи кăларнă.

1 тенкĕлĕх асăну укҫине пăхăрпа никелĕн шурă тĕслĕ шăранчăкĕнчен туса хатĕрлеҫҫĕ вăл 31 миллиметр диаметрлă ҫаврашка еврлĕ пулать.

Укҫан пиччĕн тата тӳнтер енче ҫаврашка хĕрри кăштах тухса тăрать.

Укҫан пиччĕн енне СССР Государство гербне ӳкерсе хунă тата «СССР», «1 тенкĕ», «1989» тесе ҫырнă. Укҫан тӳнтер енче Михаил Эминеску сăнне мăкăртса ӳкернĕ, сулахайра тата сылтăмра «1850» тата «1889» датăсем пур, аялти пайĕнче поэт факсимилине ӳкернĕ, ҫаврашка хĕррипе «Михаил Эминеску» тесе ҫырнă.

Укҫан ҫаврашки тавра «Пĕр тенкĕ» тесе икĕ хутчен тарăнлатса ҫырнă, вĕсене икĕ пăнчăпа уйăрнă.

Михаил Эминеску вилнĕренпе 100 ҫул ҫитнĕ май кăларакан асăну укҫине 2 миллион штук хатĕрленĕ, ҫав шутра 0,2 миллион штукĕ — чи лайăх пахалăхли.

Асăну укҫине, хальхи вăхăтра усă куракан укҫасем пекех, государство, кооперации, общество предприятийĕсен, учрежденийĕсен, организацийĕсен, колхозсемпе уйрăм ҫынсем мĕнпур тулевĕсемшĕн, ҫавăн пекех СССР банк учрежденийĕсен тата Ҫыхăну министерствин предприятийĕсен ялхи счетсемпе расчет счечĕсем ҫине куҫарнă, укҫа хывнă, аккредитланă, укҫа ярса панă чухне хăйĕн хакĕпе кирек мĕн чухлĕ те йышăнмалла.

## Уççăн çырнă çырусем

АТТЕ-АННЕ ултă ача пăхса çитĕнтерчĕ. Ултташĕ те — хĕр. Шкул пĕтерсен, хулана саланчĕç, эпĕ кăна тăван килте юлтăм, фермăна ĕçе вырнаçрăм. Çирĕм пиллĕкре качча тухрăм. Упăшкасен çемйи те пысăк пулнăран, пирĕн патăртах пурăнма килĕшрĕмĕр. Халĕ пĕчĕк пÿртре çиччĕн. Юрать атте-анне çав пÿрте туса лартнă, халĕ çурт лартаяс та çук. Упăшкапа иксĕмĕр иксĕр тенкĕ ытларах ĕçлесе илетпĕр. Унпа ачасене те çитермелле, тумлантармалла, вутă-шанкă туянмалла. Уйăхран уйăха укçа аран çиткелесе пырать.

Вунтăваттăри ывăлтан çапла ыйтрăм: «Ÿссе çитсен, ăçта ĕçлес тетĕн!» Вăл çапла хуравларĕ: «Эсир те çак кивĕ çуртрах çитĕннĕ, эпир те — çакăнтах. Кам лартса парĕ мана çĕнĕ çурт! Ман валли мар, хăвăра валли те тăваймастăр. Ытти çамрăксем пекех хулана каятăп. Сирĕн те хулана каймалла пулнă. Халиччен хваттер илнĕ пулăттăр».

Ывăл сăмахĕсем шухăша ячĕç. Чăн та, ытла та япăх пурăнатпăр. Пирĕн пеккисем çĕршывра мĕн чухлĕ. Ĕçлеместпĕр мар вĕт, пĕтĕм пурнăç ĕçре иртет, çапах йĕркеллĕ пурăнмалăх, пысăк çурт-йĕр çавăрмалăх укçи-тенкине илейместпĕр. Строительный материал тата калама çук хаклă, ăна тупса илме те кансĕр.

Кашни çулах çĕршыв тĕнче уçлăхне космос карапĕсем вĕçтерсе ярать. Кирлĕ пуль-ха вĕсем. Çапах çапла шутлатăп: миçе пин хваттер çунса хăпарса каять-ши пĕр харăс!

Çакнашкал шухăшсем канăç памаççĕ мана тепĕр чухне.

А. АЛЕКСЕЕВА.
Етĕрне районĕ.

✦

*Депутат — халăх тарçи, тетпĕр. Анчах вырăнти Советсен хăшпĕр депутачĕсем çак ырă ята пĕрре те тивĕçлĕ мар.*

*Халăх депутачĕсен Йĕпреç поселок Совечĕнче Г. М. Петров председатель, В. М. Волкова секретарь пулса ĕçлеме тытăннăранпа мĕн чухлĕ çын — урам комитечĕсен председателĕсем, коммуналлă çурт-сен комендантчĕсем тата поселокра пурăнакансем — вĕсемпе кăмăлсăр юлнă, хăшпĕрисем, хирĕç пулса, ĕçлеме пăрахнă.*

*Депутатсем хушшинче хăйсене суйлавçăсемпе сăпайлă тытакансем, ăшшăн калаçакансем, чăн та, сахал мар. Анчах вĕсем суйлавçăсен ыйтăвĕсене çулран-çул пурнăçламасăр лăпкăн пурăнаççĕ. Шăп çавăн пек çынсенчен пĕри — райĕçтăвком председателĕн заместителĕ В. Л. Михалик.*

*— Сăмах парать те — пурнăçламасть, — теççĕ ун пирки йĕпреçсем. Эпĕ те ун патĕнче пĕрре çеç мар пулнă. Хам ыйтупа мар, халăха хумхантаракан ыйтупа. Вячеслав Людвигович, мĕн ыйтупа килнине пĕлсенех, телефон трубкине ярса илет те кирлĕ çынпа çыхăнса, ăна мораль вуланçи тăвать. Юлашкинчен сирĕн ыйтăва пурнăçлама тăрăшăпăр, тесе, пÿлĕмрен кăларса ярать. Çапла председатель заместителĕ Энгельс урамĕнчи суту-илÿ павильонне виçĕ çул тутарать. Пумай пулмасть ăна поселок çыннисем коммуналлă мунча пирки пăшăрханнине пĕлтертĕм.*

*— Мунчара юсав ĕçĕсем пыраççĕ ĕнтĕ, — терĕ Вячеслав Людвигович. Шăматкун, октябрĕн 28-мĕшĕнче, мунчана кайрăм та юсав ĕçĕсене тытăнманнине асăрхарăм.*

*— Январьчен тытăнĕç-ши РСУ работникĕсем? — ыйту çине ыйту пачĕ мунча заведующийĕ А. Р. Мартинова. Тĕлĕнмелле мар-и-ха. Çу каçа нимĕн те тумарĕç.*

*Хваттер е вутă илес, телефон лартарас, суту-илÿри çитменлĕхсене пĕтерес тата нумай-нумай ыйтупа пыраççĕ поселок Советне е райĕçтăвкома ветерансем, анчах чылай чухне работниксем ыйтусене пурнăçламасăр хăвараççĕ. Пĕлес килет: çакăн пек ячĕшĕн, сăмах парса çеç лаплакансем çитес суйлавра хăйсен вырăнĕнче юлма тивĕçлĕши?*

Н. ПАВЛОВ,
вăрçăпа ĕç ветеранĕ.

✦

Çак ыйту пирки виççĕмĕш çул шутласа пурăнатăп. Ун чухне эпĕ депутат тата ĕçтăвком членĕ пулнă. 1987 çултанпа — халăх депутачĕсен Чăваш Сурăм ял Совечĕн ĕçтăвкомĕн председателĕ. Ĕçтăвком ларăвĕнче кирлĕ ыйтусем нумай пăхса тухнă, анчах та усси сахалтарах, мĕн палăртнине пурнăçа кĕртейменни чылай.

Мĕн тунă-ха! Пĕр магазин уçнă, масар картисене тĕпрен юсанă, виçĕ ялта шыв пăрăхĕ хунă, виçĕ километр тăршшĕ асфальт çул сарнă, Сурăм шывĕ урлă тимĕр-бетон кĕпер тума тытăннă...

Районти пуçлăхсем ĕçтăвком работникĕсенчен хытă ыйтаççĕ, эсир вырăнта власть пулмалла, теççĕ. Анчах та власть хут çинче çеç. Сăмахран, магазина тавар турттарса килмелле — автомашина çук. Эпир нимĕнпе те пулăшаймастпăр.

Ман шутпа, Советсен рольне ÿстерес тесен, ял Совечĕн ĕçтăвкомĕн председателĕ тата хуçалăх руководителĕ пĕр çын пулмалла. Кун пек туни бюджета çăмăллатать. Бюджетпа пăхса паракан укçана хуçалăх кассине хывмалла. Штат чакарма та, специалистсенчен çирĕпрех ыйтма та пулать. Паян мĕнле пулса пырать-ха: уйрăм управляющийĕ хăйĕн тивĕçĕсĕр пуçне урăх нимĕнпе те интересленмест. Çав уйрăмрах вырнаçнă клуб, медпункт, сыхăну уйрăмĕ, магазин, библиотека уншăн пур-и, çук-и, — пурпĕрех, унта вăл хăйне кирлĕ чухне çеç кĕрсе тухать. Эпĕ сĕннĕ пек тусан, депутатсем çеç мар, суйлавçăсем те руководительпе специалистсенчен çирĕпрех ыйтма пуçлĕç.

Пирĕн ял Совечĕн «Запорожец» автомобиль пур. Ниçта та юсама май çук ăна. Шупашкарпа çыхăнтăм, усси пулмарĕ. «Советы народных депутатов» журналтан канаш ыйтрăм, унтисем республикăри Министрсен Советне кайма сĕнчĕç. Унта çитрĕм, çапах пулăшу кĕтсе илеймерĕм.

Тепĕр хут калатăп: хуçалăх руководителĕпе ял Совечĕн ĕçтăвкомĕн председателĕн ĕçне пĕр çын пурнăçлани лайăхрах. Перекетленĕ укçапа ытти ĕçре усă курма пулать.

В. ТИХОНОВ,
халăх депутачĕсен Чăваш Сурăм ял Совечĕн ĕçтăвкомĕн председателĕ.
Элĕк районĕ.

✦

*ЭШИР, Вăрнар районĕнчи Вăрманкас ял Советне кĕрекен Катăш ял çыннисем, — Васса Кириллова, Клавдия Дмитриева, Анисия Дмитриева, Анна Михайлова, — акă мĕн пирки çыратпăр. Эпир ватă ĕнтĕ, чăвашла каласан, салтак маткисем, 80 урлă каçрăмăр, апла пулин те, пирĕн пушаллă пурнăç вĕçленмен-ха. Хăй вăхăтĕнче, упăшкасем вăрçа кайса çухаличчен, пире пÿрте хисеплетчĕç, сыхлăх сунатчĕç. Халĕ вара вуçех урăхла. Ватлăхра пулăшакансăр юлтăмăр.*

*Чи йывăрри — пÿрт-çурта хутса ăшăтма вутă-шанкă çукки. Ял Совечĕн ĕçтăвкомне çитрĕмĕр те, унăн председателĕ Павлов: «Санăн ачусем пур, санăн хĕрÿсем пур, упăшкусем вăрçăра вилнине пĕлетпĕр, халлĕхе ачусенчен пулăшу кĕтĕр,» — тесе кăларса ячĕ.*

*Патшалăх, салтак арăмĕсемшĕн тăрăшса, нумай закон кăларнине лайăх пĕлетпĕр, патшалăх пире пулăшма хатĕр, анчах вырăнти хуçасем çав законсене темшĕн хисеплемеççĕ. Вутă туянас тĕлĕшпе кăна пулăшу ыйтатпăр. Вăрçăран аманса е сывă таврăннă çынсене, ветеран тесе, тĕрлĕ çăмăллăхсемпе чыс тăваççĕ, пире, упăшкасене çапăçу хирĕнчен кĕтсе илейменнисене нимĕнле çăмăллăх та çук. Хăть магазина, хăть колхоз правленине кай, — никам та ырă сăмахпа та пулин чĕрене лăплантарма шутламасть.*

*Пире, ваттăсене, мĕн кирлĕ: ăшă сăмах та ансат пулăшу, Хальхи çамрăксем пире ним вырăнне хумаççĕ, магазина кĕрсен те усал сăмахсемпе кăна кÿрентереççĕ.*

Салтак арăмĕсен ячĕпе
В. КИРИЛЛОВА.

✦

Пĕлтĕрхи декабрĕн 1-мĕшĕнче Чăваш телевиденийĕпе Людмила Ивановна Рулькова калаçнине тимлĕн пăхса-итлесе лартăм. Вăл ĕнентернĕ тăрăх, Чăваш АССР Социаллă обеспечени министерстви ватă çынсемпе инвалидсен пурнăçне çăмăллатассишĕн сахал мар тăрăшать имĕш. Пĕрре те ĕненес килмест. Акă, сăмахран, эпир килте тăваттăн — 70 çултан иртнĕ виçĕ карчăк тата эпĕ, вырăн çинчен тăрайман инвалид. Пенсисĕр пуçне, нимĕнле пулăшу та курман. Пÿртре куçкаласа çÿреме инвалид коляски кирлĕ. Кивви юрăхсăра тухрĕ. Çавна нкепле те илейместĕп. Икĕ çул ĕнтĕ министерствăна çыру çÿрететĕп, усси çук. Справкăсем ыйтса халтан яраççĕ. Вырăнпа вырттакан çын документсене ăçтан тупайтăр!

А. ВЫЙГЕТОВ.
Елчĕк районĕ.

### Никама та манмастпăр

# НАГРАДА ХУÇИНЕ ТУПАТЬ

АСЛĂ Отечественнăй вăрçă вăхăтĕнче пирĕн ентешсем Тăван çĕршыв ирĕклĕхне хÿтĕлесе хăварассишĕн паттăррăн кĕрешнĕ, нумайăшĕ пуçне хунă. Вăрçă чарăннăранпа часах 45 çул çитет, халăх паттăрлăхĕ вара асран тухмасть. Тĕрлĕ салтавсене пула хăшпĕри хăйне тивĕçнĕ наградăсене илеймен. Халĕ, вуншар çул иртнĕ хыççăн, совет салтакĕсен вăрçă хирĕнчи паттăрлăхĕ çинчен çĕнĕ фактсем пĕлетпĕр. Кăçал кăна районти çарĕç комиссариачĕ темиçе фронтовика е вĕсен тăванĕсене унччен илеймен наградăсем е çакна ĕнентерекен документсем пачĕ. Çапла, Тенеяль каччи Федор Афонов, 1918 çулта çуралнăскер, учительсен институтĕнчен вĕренсе тухнă. Тĕмерти вăтам шкулта ачасене физикăпа математика вĕрентнĕ, фотокружокпа ытти кружока ертсе пынă. Тăван çĕршыв умне хăрушлăх сиксе тухсан, вăл çар тумĕ тăхăннă, капитана çитнĕ. Батарея командирне Федор Афонов капитана 1944 çулхи сентябрĕн 28-мĕшĕнче Хĕрлĕ Çăлтăр орденĕпе наградăланă. Пирĕн ентеш вăрçă хирĕнчен тухайман. Орден кĕнекине кăçал Федор Афоновăн аппăшне — Мария Афоновăна — яланлăха упрама панă.

Тушкилти Иван Александров кĕçĕн лейтенант та, вăрçăра танк командирĕ пулнăскер, çапăçу хирĕнчен тухайман. Хĕвеланăç фронтра пуç хунă. Çирĕм пĕррери каччăна 1942 çулхи октябрĕн 16-мĕшĕнче Хĕрлĕ Ялав орденĕпе наградăланă пулнă. Орден кĕнекине çарĕç комиссариачĕ вăрçă паттăрĕн шăллĕне, Ямпулатра пурăнакан тăванĕсене упрама пачĕ.

ИРТНĔ уйăхра Енĕш Нăрвашри Александра Васильевна пиччĕшĕн, Григорий Васильевăн, 33-мĕш гварди стрелковăй полкĕн телефонисчĕн, икĕ çар наградине пырса пачĕç. Пĕри — «Хăюлăхшăн» медаль, тепри — Хĕрлĕ Çăлтăр орден. Васильевсен (Яршансен) килĕнчен пиллĕкĕн вăрçа кĕнĕ — аппăшĕ тата тăватă ывăлĕ. Пĕри те каялла тухайман. Григорий вара çĕнтерĕве темиçе сехет кăна кĕтсе илеймен.

Ураскассинче 1920 çулта çуралнă Алексей Иванов рядовоя командовани 1945 çулхи апрельте «Çапăçури тава тивĕçлĕ ĕçсемшĕн» медальпе наградăланă пулнă. Кĕтсе илеймен хуçи наградăна, ăна халĕ унăн мăшăрĕ Федора Петровна илĕ.

Тушкилти Николай Никитич Никитина фронта 1944 çулта, вунçиччĕре чухне илеççĕ. Ултă çул службăра тăрать вăл. Иртнĕ уйăхра ветеран «1941—1945 çулсенчи Аслă Отечественнăй вăрçăра Германие çĕнтернĕшĕн» медаль илчĕ.

Çапла, нумай çул иртсен те наградăсем хăйсен хуçисене шыраса тупаççĕ. Нихçан та асран тухас çук совет халăхĕн Аслă Отечественнăй вăрçă çулĕсенчи паттăрлăхĕ.

И. СОЛОВЬЕВ.
Тăвай районĕ.

# Ăçта эсир, хыпарсăр çухалнисем?

РЕСПУБЛИКĂРИ çамрăк туристсен «Хĕрлĕ мăкăнь» шырав клубĕ Аслă Отечественнăй вăрçă çулĕсенче хыпарсăр çухалнă пирĕн ентеш-салтаксем çинчен материалсем пухать. Çакăн тĕллевĕ — хыпарсăр çухалнă воинсен çемйисемпе тăванĕсене хăйсен çывăх çыннисен шăпи çинчен пĕлме пулăшасси. Пĕлтĕрхи май уйăхĕнче кăна Новгород облаçĕнче, Пĕтĕм Союзри асăну вахти кунĕсенче, хыпарсăр çухалнă 99 çын ятне-шывне тата вĕсене ăçта пытарнине тупса палăртнă. Пĕлтĕр «Шыравçă» пĕрлешÿ вăрçă вăхăтĕнче хыпарсăр çухалнă пирĕн икĕ ентеш шăпине тĕпчесе пĕлнĕ.

Мускав облаçĕнчи çарпа патриотла «Шыравçă» пĕрлешÿ хыпарсăр çухалнисен Пĕтĕм Союзри картотекине туса хунă. Çак ĕçре ЭВМпа усă курни хыпарсăр çухалнисен хушамачĕсене хăвăрт пăхса тухма, шырав ĕçĕнче тупса палăртнă салтаксем çинчен ыйтса пĕлме, пĕтĕм ĕçе чылай хăвăртлатма май парать. Асăннă ĕçсене тÿлевсĕр тăваççĕ. Çак йĕркесене вулакансене пурне те çакăн çинчен ыйтасшăн:

— Аслă Отечественнăй вăрçă вăхăтĕнче çывăх çыннăрсенчен, тăванăрсенчен, пĕлĕшĕрсенчен кам хыпарсăр çухалнине пĕлĕр;

— пичетленĕ формăпа анкета çырăр (йăнăшсем ан пулччăр тесе, ят-хушаматпа пурăнакан вырăн ятне пичет саспаллисемпе);

— хыпарсăр çухалнă çыннăн вăрçă умĕнхи пурнăçĕпе кунçулĕ çинчен кĕскен çырса парăр, хăш çар чаçĕнче службăра пулнине кăтартăр (çар чаçĕн е «полевая почта» номерне), юлашки çырăвне хăш фронтран е çапăçусем пынă [illegible]

— асăннă пĕтĕм материала çак адреспа ярса парăр: 428031 г. Чебоксары, ул. Ленинского комсомола, 48, поисковый клуб «Алые маки».

ХАВĂР тăванăрсем çинчен кăна материал пухнипе ан çырлахăр. Ахăртнех, сирĕн кÿршĕсемпе пĕлĕшĕрсенчен кам та пулин хыпарсăр çухалнă çынсене çине тăрсах шыранине пелмесĕрех пурăнĕ. Вĕсене те калăр, вулаттарăр, пулăшăр.

Эсир шырав ĕçне хутшăнни Аслă Çĕнтерÿ тунăранпа 45 çул çитнине тивĕçлипе кĕтсе илме хывнă тÿпе пулĕ. Пирĕн клуб шырав ĕçне активлă хутшăнас текенсемпе тачă çыхăнса ĕçлет.

Е. ШУМИЛОВ,
республикăри çамрăк туристсен станцийĕн директорĕ, «Хĕрлĕ мăкăнь» шырав клубĕн руководителĕ.

Хыпарсăр çухалнă
Пропал без вести

шифр

Хушамат (фамилия) ____________
Ят (имя) ____________
Ашшĕ ячĕ (отчество) ____________
Хăçан çуралнă (год рождения)
Çар званийĕ (воинское звание) ____________
Ăçта çуралнă (уроженец) ____________
Республика ____________
Край ____________
Область ____________
Хула (город) ____________
Район ____________
Ял Совечĕ (сельсовет) ____________
Ял (деревня) ____________
Хăш район (хула) çар комиссариачĕ мобилизацилени (каким рай. (гор.) военкоматом мобилизован) — ____________

Çемье адресĕ (вăрçăчченхи), çавăн пекех медальона кам ячĕпе çырмалли тăванĕн хушамачĕ, ячĕ, ашшĕ ячĕ (Адрес семьи (до войны), а также фамилия, имя, отчество родственников, на чье имя мог бы быть заполнен медальон)

Республика ____________
Область ____________
Хула (город) ____________
Район ____________

### Республика тулашĕнчи чăвашсем патĕнче

# АШШĔПЕ ЫВĂЛĔСЕМ

**ÇАК ÇЫН УТМĂЛ ÇУЛТА ПУЛНИНЕ ĔНЕНЕС КИЛМЕСТ. САН-ПИТРЕ ПУРНĂÇ ЙĔРĔСЕМ САМАЯХ ТĔРЛЕННĔ ĔНТĔ. АНЧАХ КУÇĔСЕМ ÇАМРĂК ÇЫННĂННИ ПЕКЕХ КАНĂÇСĂРРĂН ÇУНАÇÇĔ. СЫВЛĂХ ÇУНСА АЛĂ ТЫТНĂ ЧУХНЕ ТЕ ÇАК ÇЫНРА ÇИРĔП ВĂЙ-ХАЛ ТАПСА ТĂННИНЕ ТУЙСА ИЛЕТĔН.**

Сăмах кунта Ленин орденĕпе Октябрьте Революци орденĕн кавалерĕ, К. Маркс ячĕпе хисепленекен колхозри Маркел Федорович Сидоров комбайнер çинчен пырать.

Хресчен килйышĕнче çуралса ÿснĕ вăл. Çемьере пиллĕкĕн пулнă вĕсем. 1943 çулта пиччĕшĕ Никита фронта кайсан, Маркел асли вырăнне юлнă. Вунвиççĕре çеç пулнă ун чухне. Çемьене пулăшас тесе, çăпата тума вĕреннĕ, калăпне те хăех ăсталанă, вăрмана кайса пушăт хатĕрленĕ.

Пурнăç çăмăл килмен пулин те, çичĕ класс вĕреннĕ. Ку вăхăт тĕлне ял ачи çĕр ĕççинĕн пурнăçĕн тути-масине, тырпул туса илесси ансат маррине те самаях ăнланнă. Ăна хăйне те лашапа чылай сухалама-сÿрелеме тивнĕ.

Совет Çарĕнчен таврăнсан, Стерлитамакра механизатор специальноçне вĕреннĕ. Тĕштырă пухса кĕртнĕ çĕрте малтанхи çулах районти комбайнерсем хушшинче малти вырăна тухнă. Вăл ăста комбайнер пулни çинчен [illegible]

[illegible] пĕрре Маркел Федорович Мускаври Хĕрлĕ площадьре пулнине астутарать.

— Колхозсен совечĕсен представителĕсен Пĕтĕм Российăри пухăвне кайсан ÿкерттернĕччĕ, — ăнлантарать кил хуçи.

Юпашарах — салтак тумĕпе ÿкнĕ каччăсен сăнÿкерчĕкĕсем.

— Ывăлăрсем пулĕ-ха?

— Çавсем. Улттăн. Ку, ак, Николай, Стерлитамакра механикра ĕçлет, çемьеллĕ. Василий те унтах, мастер-строитель. Юрий — наука сотрудникĕ, Алексей — электрогазосварщик.

— Кусем иккĕшĕ тата? Тăçта курнă пек...

— Вĕсем колхозра ĕçлеççĕ. Манăн пĕрремĕш пулăшакансем, — çийĕнчех ăнлантарчĕ Маркел Федорович.

Александр, кĕçĕнни, вăтам шкул пĕтернĕ хыççăн сварщика вĕреннĕ. Ĕçри вăхăтĕнче ашшĕпе пĕрле ĕçленĕ. Валерий — колхозри ăста энергетик.

Маркел Федоровичăн ачисем ĕçе юратма, ăна тĕплĕн тума чи малтан ашшĕнчен вĕренсе çитнĕ.

М. Сидорова ĕçри ÿсĕмсемшĕн пĕрре кăна мар чысланă, мухтав хучĕсемпе медальсем чылай упрăн. Вăл — «Пушкăрт АССР тава тивĕçлĕ механизаторĕ» [illegible]

### Пропагандист

# АШШĔНЕ ЫВĂЛĔСЕМ

**ÇАК ÇЫН УТМАЛ ÇУЛТА ПУЛНИНЕ ĔНЕНЕС КИЛМЕСТ. САН-ПИТРЕ ПУРНĂÇ ПĔРĔСЕМ САМАЯХ ТĔРЛЕННЕ ĔНТĔ. АНЧАХ КУÇĔСЕМ ÇАМРАК ÇЫННĂННИ ПЕКЕХ КАНĂÇСĂРРАН ÇУНАÇÇĔ. СЫВЛĂХ СУНСА АЛĂ ТЫТНĂ ЧУХНЕ ТЕ ÇАК ÇЫНРА ÇИРĔП ВĂЙ-ХАЛ ТАПСА ТĂНИНЕ ТУЙСА ИЛЕТĔН.**

Сăмах кунта Ленин орденĕпе Октябрь Революцийĕн орденĕн кавалерĕ, К. Маркс ячĕпе хисепленекен колхозри Маркел Федорович Сидоров комбайнер çинчен пырать.

Хресчен килйышĕнче çуралса ӳснĕ вăл. Çемьере пиллĕкĕн пулнă вĕсем. 1943 çулта пичче Никита фронта кайсан, Маркел аслă вырăнне юлнă. Вунвиççĕре çеç пулнă ун чухне. Çемьене пулăшас тесе, çапăта тума вĕреннĕ, калăпне те хăех ăсталанă, вăрмана кайса пушăт хатĕрленĕ.

Пурнăç çăмăл килмен пулин те, çичĕ класс вĕреннĕ. Ку вăхăт тĕлне ял ачи çĕр ĕçченĕн пурнăçĕн тути-масине, тырпул туса илесси ансат марринне те самаях ăнланнă. Апа хăйне те лашапа чылай сухалама-сӳрелеме тивнĕ.

Совет Çарĕнчен таврăнсан, Стерлитамакра механизатор специальноçне вĕреннĕ. Тĕпштырă пухса кĕртнĕ çĕрте малтанхи çулах районти комбайнерсем хушшинче малти вырăна тухнă. Вăл ăста комбайнер пулни çинчен хыпар таврана саланнă.

...Нумай пулмасть Маркел Федоровичăн килĕнче пултăмăр. Картишĕнче тăвата çулсенчи ача чупкаласа çӳрет.

— Мăнук-ха ку, — ăнлантарать Маркел Федорович.

Çурт ăшчикки таса та тирпейлĕ. Стена çинче тĕрлĕрен сăнӳкерчĕксем нумай. Вĕсенчен пĕри Маркел Федорович Мускаври Хĕрлĕ площадьре пулнине астутарать.

— Колхозсен совечĕсен представителĕсен Пĕтĕм Российăри пухăвне кайсан ӳкерттернĕччĕ, — ăнлантарать кил хуçи.

Юнашарах — салтак тумĕпе ӳкнĕ каччăсен сăнӳкерчĕкĕсем.

— Ывăлăрсем пулĕ-ха?

— Çавсем. Улттăн. Ку, ак, Николай, Стерлитамакра механикра ĕçлет, çемьеллĕ. Василий те уптах, мастер-строитель. Юрий — наука сотрудникĕ, Алексей — электрогазосварщик.

— Кусем иккĕшĕ тата? Таçта курнă пек...

— Вĕсем колхозра ĕçлеççĕ. Малан пĕрремĕш пулăшакансем, — çийĕнчех ăнлантарчĕ Маркел Федорович.

Александр, кĕçĕнни, вăтам шкул пĕтернĕ хыççăн сварщика вĕреннĕ. Ĕççи вăхăтĕнче ашшĕпе пĕрле ĕçленĕ. Валерий — колхозри ăста энергетик.

Маркел Федоровичăн ачисем ĕçе юратма, ăна тĕплĕн тума чи малтан ашшĕнчен вĕренсе ынна.

М. Сидорова ĕçри ӳсĕмсемшĕн пĕрре кăна мар чысланă, мухтав хучĕсемпе медальсем чылай унăн. Вăл — «Пушкăрт АССР тава тивĕçлĕ механизаторĕ». Кăçалхи вырма вăхăтĕнчи çитĕнӳсемшĕн унăн ятне районти «Çĕр шыв çулĕпе» хаçатăн Хисеп хăми çине кĕртнĕ

— Сывлăх пур чухне ĕçлес тетĕп-ха. Юратнă ĕççĕр епле-ха? — тет Маркел Федорович.

**И. ЯКОВЛЕВА.**

Пушкăрт АССРĕ,
Аургаза районĕ.



● Куславккари 3-мĕш шкулта историпе обществоведени вĕрентекен А. Петров районти «Пĕлӳ» обществăн чи активлă пропагандисчĕсенчен пĕри. Александр Александровича Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Хисеп грамотипе наградăланă.

Г. Бычков фотоӳкерчĕкĕ.

...шӳ хыпарсăр çухалнисен Пĕтĕм Союзри картотекине туса хунă. Çак ĕçре ЭВМпа усă курни хыпарсăр çухалнисен хушамачĕсене хăвăрт пăхса тухма, шырав ĕçĕнче тупса палăртнă салтаксем çинчен ыйтса пĕлме, пĕтĕм ĕçе чылай хăвăртлатма май парать. Асăннă ĕçсене тӳлевсĕр тăваççĕ. Çак йĕркесене вулакансене пурне те çакăн çинчен ыйтасшăн:

— Аслă Отечественнăй вăрçă вăхăтĕнче çывăх çыннăрсенчен, тăванăрсенчен, пĕлĕшĕрсенчен кам хыпарсăр çухалнине пĕлĕр;

— пичетленĕ формăпа анкета çырăр (йăнăшсем ан пулччăр тесе, ят-хушаматпа пурăнакан вырăн ятне пичет саспаллисемпе);

— хыпарсăр çухалнă çыннăн вăрçă умĕнхи пурнăçĕпе кунçулĕ çинчен кĕскĕн çырса парăр, хăш çар чаçĕнче службăра пулнине кăтартăр (çар чаçĕн е «полевая почта» номерне), юлашки çырăвне хăш фронтран е çапăçусем пынă хăш енчен çырнине, ăна хăçан янине калăр. Май пулсан, хыпарсăр çухални çинчен ярса пана хут копине туса парăр. Хыпарсăр çухалнисене шыраса хăçан тата ăçта çырнине, унтан мĕнле ответсем илнине пĕлтерĕр;

шифр

Хушамат (фамилия) ____
Ят (имя) ____
Ашшĕ ячĕ (отчество) ____
Хăçан çуралнă (год рождения)
Çар званийĕ (воинское звание) ____

Ăçта çуралнă (уроженец) ____
Республика ____
Край ____
Область ____
Хула (город) ____
Район ____
Ял Совечĕ (сельсовет) ____
Ял (деревня) ____

Хăш район (хула) çар комиссариачĕ мобилизациленĕ (каким рай. (гор.) военкоматом мобилизован) —
____

Çемье адресĕ (вăрçăччен), çавăн пекех медальона кам ячĕпе çырмалли тăванĕн хушамачĕ, ячĕ, ашшĕ ячĕ (Адрес семьи (до войны), а также фамилия, имя, отчество родственников, на чье имя мог бы быть заполнен медальон)

Республика ____
Область ____
Хула (город) ____
Район ____
Ял (деревня) ____
Ф. И. О. ____
Сирĕн адрес, индекс, Ф. И. О. ____
(ваш адрес, индекс, Ф. И. О.). ____

*Тăван сăмах, тăван культура*

# ИЛЕМ

Мĕнешкел усă та янăравлă чăваш чĕлхипе унăн сăввиюрри! Калаçури сăмах çаврăнăшĕ вăл илемлĕ кермен пекех. Кашни сăмахĕ якатса эрешленĕ кирпĕч тейĕн. Çав кермене ялан лăхах упрасчĕ пирĕн. Ăна малалла аталантарса, çĕнетсе, илемлетсе пырасси шкулсенчи кашни учителĕн тивĕçе пулмалла. Чăваш чĕлхин илемлĕхĕ пирки чăваш литературин урокĕсенче кăна калаçни сахал. Ача мĕн пĕчĕкрен, килте-и вăл е шкулта, урамра-и е клубра, унăн илемлĕхне туйтăр. Илемлĕ калаçакан çын хăй те илемлĕ. Вăл хăй çине те, ыттисем çине те илемлĕн пăхать. Çулсерен тенĕ пек чăваш словарьне çĕнĕрен те çĕнĕ сăмахсем хушăнаççĕ. Ку вăл пурнăç таппин çуламĕ татах та вăйлăрах ялкăшса, хăватланса пынине пĕлтерет. Анчах тепĕр чухне хăшпĕрисен калаçăвне итлетĕн те, тĕлĕнетĕн, мĕнешкел пуша иккен вĕсен сăмах енчĕкĕ. Авкалаççĕ, хуçкалаççĕ, тĕрлĕрен çӳп-çаппа пăтраштараççĕ шăнкăр шыв пек чăваш чĕлхине. Çавраçил вăхăтĕнче çӳп-çаппа тусан пăтраннă евĕр сирпĕнет ун çăварĕнчен. Кирлĕ сăмахĕ тупăнмасан, пушă вырăна саплаштарма вырăс сăмахне çатлаттарса хурать. Аш пăтранать çавăн пек калаçăва илтсен, чун ыратать.

ПУХУСЕНЧЕ лекци е доклад итлесе пăхăр-ха тата. Залра пурте чăвашсем пулсан та, лектор вырăсла пăтраштарать. Вырăслансах кайрăмăр-ши вара? Çук пуль. Ку вăл тăван культурăна, несĕлсене хисепе хуманнине пĕлтерет. Çавна çитĕнекен ачасем кураççĕ, итлеççĕ. Аслисем вĕсемпĕн тĕслĕх-çке. Çапла вара, вĕсен ăстанĕнче урамра илтнĕ çӳп-çаплă калаçу хылчăк пек тарăнса юлать.

Сăмах запасне пуянлатас тесен нумай вуламалла, паллă çыравçăсенчен вĕренсе пымалла. Шкулсенче илемлĕ сăмах каçĕсем, литература вулавĕсем, сăмах ăстисемпе творчество ĕçченĕсен тĕлпулăвĕсене ирттермелле. Шел пулин те, ку ĕç халлĕхе хăй юххипе пырать тесен те йăнăш пулмĕ. Шкулсенче чăваш чĕлхине вĕрентме илемлĕ литература тата кăтартса вĕрентмелли пособисем çукки, библиотекăсем чухăнни чылаях ура хурать. Чăваш çамрăкĕсен чăвашла хаçачĕ çук пирки нумай калаçатпăр ĕнтĕ. Кирлех чăваш çамрăкĕсен хаçачĕ. Вăл чăваш чĕлхине аталантарма, интереслентерекен ыйтусене хускатма, çамрăксен пултарулăхĕпе талантне уçса пыма пулăшĕччĕ. Ун страницисенче çамрăксен юрри-сăввине, калав-каларăшĕсене курмалла пултăрччĕ.

Тĕрĕссипе каласан, чăваш эстради начар-ха халлĕхе. Вĕсен репертуарĕ питĕ чухăн. Унран чуна тыткăнлакан искусство тăвас пулсан, пайтах тар тăкмалла ку енĕпе ĕçлекен çынсен. Ялти çамрăксем те, ватти-вĕтти те çамрăксен театрĕ лартса паракан спектакльсене кăмăлласа пăхаççĕ. Артистсем ӳсĕмĕн тивĕçлĕ çулĕпе çирĕппĕн утаççĕ. Анчах акă мĕн пăшăрхантарать. Вĕсен хăйсен ятарлă çурт та çук вĕт. Ялсенчи драма кружокĕсенче лартса памалли пьесăсем питĕ сахал. Журналсенче пичетленекеннисен калăпăшĕ ытла пысăк. Вĕсем Шупашкарти театрсенче лартса памаллисем çеç.

ШКУЛ ПУРНĂÇНЕ çутатса паракан, ачасем лартмалли пьесăсем пачах çук. Хальхи вăхăтра уçса паракан, малашлăх ĕмĕтпе пурăнакан çынсен çинчен калакан пьесăсем ытларах курасчĕ. Чĕлхе илемлĕхĕ çинчен шухăшласа пăхсан та пăсмĕччĕ. Чăваш та, тăван чĕлхене пропагандăлас, ун илемлĕхне халăх хушшине çитерес тĕлĕшпе телевиденипе радиовещани юлашки вăхăтра çыравçăсемпе чĕлхеçĕсене тата артистсене çавра сĕтел хушшине чĕнме пуçларĕ. Анчах ку çителĕксĕр. Шкулсенче тăван литературăна вĕрентме пулăшас тĕллевпе пăларнă кинотелепередачăсем питĕ сахал. Тата, тиражĕ пĕчĕк пулнăран, вĕсемпе кашни шкулах тивĕçтерме май çук. Çавăнпа тăван чĕлхене вĕрентекен учителĕн хăйĕн пултарулăхĕпе çаврăнăçулăхĕ çине çеç шанма тивет.

Илемлĕхе мĕн пĕчĕкрен вĕрентмелле тетĕпĕр, çавăнпа та çак ĕçе ача сачĕсемпе яслисенчен пуçăнмалла. Халĕ шухăшласа пăхăр. Шкул çулне çитмен ачасем валли е кĕçĕн класри ачасем валли чăвашла çырнă илемлĕ кĕнекесем нумай-и пирĕн? Калама çук сахал. Пуррисенче те ача-пăча асĕнче юлакан сăвă-калавсем, юмах-юптарусем сахалтарах. Паллах, ача-пăчапа ĕçлесе курман çыравçăн ку ыйтăва тивĕçтерме йывăртарах. Çак ĕçе талантлă, творчествăллă ĕçлекен çамрăк педагогсене явăçтарсан лайăхрах пулас пек туйăнать. Тĕшши тутă пултăр ачасем патне çитекен кĕнекесен.

ПĔР ВЫРĂНТА тапăртатса тăнă тапхăрта литература ӳсĕмĕ самаях чакни каламасăрах паллă. Çав вăхăтра эпир чăваш литератури çине аякран пăхса тăма хăнăхрăмăр. Пушă вăхăтра ытларах телевизор умĕнче ларса ирттерме пуçларăмăр, тăван чĕлхене хисеплеме пăрахрăмăр. Çĕнетӳ тапхăрĕнче литературăра та пысăк улшăнусем пулса иртеç. Чăваш чĕлхин аталанăвĕ çине те çĕнĕлле пăхма пуçларĕç. Шкулсенчи программа та улшăнчĕ. Çакă чăваш чĕлхипе литературинче те çĕнĕлĕхсем пулса иртессе шантарать.

**Г. БЕЛОВ,**
**педагог.**

Элĕк районĕ,
Ассакасси ялĕ.

# Юратса вулатăп

ХАÇАТ-ЖУРНАЛ тесен, тепĕр чух апат çимесĕр вуласа ларни те пулать. Мĕн пĕчĕкрен вулама юрататтăм, халĕ утмăлтан иртрĕм пулин те, çав йăлана пăрахаймастăп. Пĕр кун хаçат вуламасан, чуна тем çитмен пек туйăнать. Тĕнче хыпарне хаçат пĕлтерет-çке. Ыррине те, усаллине те. Таврапăха, çутçанталăка юратма вĕрентет.

Эпĕ темиçе çул ĕнтĕ ытти хаçат-журналпа пĕрле «Хатĕр пул» журнал çырăнса илетĕп. Ăна вулакан çын, — шкул ачи те, шурсухал та, — хăйне килĕшекен япала тупатех. Сăвă-юмах, кулăшла калав, пуçватмăш... Тата кам кăна çырмасть пулĕ журнала: тухтăр, учитель, писатель, пионер, пенсионер, тракторист, артист. Пурин валли те вырăн пур. Апла пулин те, хулара пурăнакан чăваш ачисем журнал пуррине те пĕлмеççĕ. Тĕслĕхрен, Шупашкарти 24-мĕш шкулта. Ачасем пĕр харăс: «Эпир чăвашла вулама пĕлместпĕр,» — теççĕ. Шел, ӳсе ситсен çав чăваш ачисем хăйсене камсем тесе калĕç-ши? Тăван чĕлхене, культурăна манас марччĕ.

**Ф. СТЕПАНОВА.**

Шупашкар хули.

*Этем кунçулĕ*

# Ырă тĕслĕх

ПУРНĂÇ урапи малаллах шăвать: пĕрле ӳснĕ тантăшсем утмăлаллла çывхарнине ниепле те ĕненес килмест.

Ачалăх шăпи тертлĕ, асаплă пулчĕ Володьăн: çĕршывра вăрçă кĕрлерĕ. Ун хыççăнхи çулсем те ансатах килмерĕç: пур çĕрте те юхăнчăк, выçлăх. Тăлăха тăрса юлнă, йышлă çемьери ачасем пĕчĕклех ĕçе явăçрĕç. Асли пулнă май, çемье тилхепине вуннăран иртнĕ Володьăн тытма тиврĕ. Вăрçă ача-пăчана çулĕсене кура мар час çитĕнтерчĕ: пур ĕçре те çитăнисемпе тан вăй хурса, вĕсем Çĕнтерӳ кунне çывхартма пулăшрĕç. Ачаран техникăна кăмăллаканскер, Совет Çарĕнчен таврăнсан шофер ĕçне вĕренчĕ. Унтанпа вăтăрултă çул иртрĕ. Çак хушăра В. Остроумов аллинчен руль кайман: вунсакăр çул тăван колхозра, вунтăвата çул районти сĕт-çу заводĕнче ĕçлерĕ, юлашки çулсенче юсавра техника предприятийĕнче. Пур çĕрте те хастар пулчĕ, хушнă ĕçе вăхăтра пурнĕçлама тăрăшрĕ.

ВЛАДИМИР Никоновича Хисеп грамотисем парса чыс тунă. «Ĕç ветеранĕ» медаль илме тивĕç пулни те чун тасалăхĕпе ĕçшĕн çунакан туртăмлăхне палăртать. Асĕнма кăмăллă: ĕçта наставникпа юнашар шофер ĕçне хăнăхнă вуншар çамрăк халĕ хăйсем — пултаруллă водительсем. Ывăлĕсем те ашшĕнех хывнă: асли Совет Çарĕнчен таврăннăранпах автомашинăпа ĕçлет, кĕçĕнни те, саккăрмĕш класра вĕренекенскер, техникăна туслă.

**А. МАРКОВ,**
**обществăлла корреспондент.**

Елчĕк районĕ,
Ĕнел ялĕ.

# ЙЫШĂНУ ПӲЛĔМНЕ

## ĕççыннисем харпăр хăй ыйтăвĕсемпе пыраççĕ

...В. МЕДЯКОВ — Шупашкартан. Уйăхсерен аллăшар тенкĕ пенси илет. Паллах, çак укçапа пурнăç тытса пыма çăмăл мар. Çитĕнсе çитнĕ ывăлĕсем ашшĕн нушине ăнланмаççĕ.

А. Александрова та республикăн тĕп хулинче пурăнать. Çирĕм çул каялла производствăра йывăр аманнă. Ун чух инвалида тухасси çинчен шутламан. Халĕ — тивĕçлĕ канура. Çул çитнипе паракан пенси çумне инвалидсене паракан пенсие хушма çук-ши? Çак ыйтупа килнĕ хĕрарăм обществăлла приемнăя.

Чăваш АССР прокурорĕн аслă помощникĕ В. Г. Васильев Василий Федоровича ачисенчен алимент шыраса илмелли йĕркепе паллаштарнă, Анастасия Ивановнăна врач патĕнче сывлăх тĕрĕслеттерме, инвалида тухма ирĕк паракан справкăсем тутарма сĕннĕ.

О. Шаховăн тăван аппăшĕн шкулта вĕренекен вуниилĕк çулхи хĕрĕ ача çуратнă. Ача ашшĕ 17 çулта çеç пулнă май, вĕсене регистрацилемен. Амăшĕ хĕрĕпе мăнукне йышăнмасть. Лешсем вара О. Шахова патĕнче пурăнаççĕ. Ача çуралнă хыççăн паракан вăхăтлăх тата çулталӑклăх пособисем илес йĕрке интереслентерет Ольга Александровнăна.

Ача амăшĕ нийта та ĕçлемест тата унăн ĕç стажĕ çук пулсан, вăл пособи илеймест. Аппăшĕн Ленин район Совечĕн ĕçтăвкомĕнче мăнукне, унăн амăшĕ 18 çул тултаричченех, пăхма илнине законпа çирĕплетмелле. Ун хыççăн кăна пĕччен ача амăшне уйăхсерен паракан пособи тӳлеççĕ. Кун çинчен О. Шаховăна агропром комплексĕнче ĕçлекенсен профсоюз обкомĕн финанс пайĕн заведующийĕ Л. С. Портнов тĕплĕн ăнлантарса панă.

Йĕпреç поселокĕнчи В. Морозов çуртне, пахча вырăнĕнче обществăлла çурт лартнă май, куçараççĕ. Хăйне хваттерпе тивĕçтерессипе, çурт-йĕр хакне тӳлеттерессипе çыхăннă ыйтусем канăç памаççĕ Вячеслав Степановича.

РСФСР Пурăнмалли çурт-йĕр кодексĕн 197-мĕш статйине килĕшӳллĕн, В. Морозова çурт-йĕре пăстаракан предприяти хатлă хваттерпе тивĕçтермелле. Унсăр пуçне, çурт-йĕр хакне тӳлемелле е хуçине хăйне унпа усă курма ирĕк памалла. В. Морозова çакăнпа редакции обществăлла приемнайĕнче граждансене йышăннă П. Г. Мурайкин юрисконсульт паллаштарнă.

ÇĔР-ÇĔР çын ыйтăвне тивĕçтерет хаçатăн обществăлла приемнăйĕ. 1971 çулта йĕркеленĕскер, ырă ĕç тăвать. Ĕççыннисен кашни ыйтăвне сăмантрах татса пама май килмест. Кун пек чухне редакци вĕсене тивĕçлĕ органсене çитерет, çитменлĕхсене пĕтерме, конкретлă мерăсем йышăнма ыйтать.

Мĕн ытларах хумхантаратьха пулăшу ыйтакансене хальхи вăхăтра? Пĕрисем — хваттер ыйтăвĕсемпе, теприсем — право йĕркипе, виççĕмĕшсем пенсипе пособи илмелли йĕркепе интересленеççĕ. Чылайăшне çынсем хушшинчи хутшăнусем канăç памаççĕ. Çакна шута илсе, редакции обществăлла приемнайĕнче граждансене тĕрлĕ ыйтусемпе республикари судпа прокуратурăн, Чăваш АССР Социаллă пулăшу министерствин, профсоюзсен облаçть совечĕн работникĕсем — пурĕ вунтăвата çын — йышăнаççĕ.

Хаçат вулакансем вĕсем камсем пулнине пĕлесшĕн, паллах. Паллашăр: Чăваш АССР Верховнăй сучĕн членĕ Аркадий Сидорович Сидоров, Чăваш АССР прокурорĕн аслă помощникĕсем Венедикт Никитич Никитин тата Вячеслав Германович Васильев, прокурор помощникĕ Владимир Ефимович Ефимов, прокуратурăн пĕтĕмĕшле надзор пайĕн начальникĕ Нина Гавриловна Николаева, Чăваш АССР прокурорĕн çул çитмен ачасем çинчен калакан закона пурнăçланине тĕрĕслес енĕпе ĕçлекен помощникĕ Александр Николаевич Тимокин, Чăваш АССР Прокуратурин судсенче уголовнăй ĕçсем пăхса тухнине тĕрĕслекен пай начальникĕ Анатолий Афанасьевич Афанасьев, судсенче гражданла ĕçсене пăхса тухнине тĕрĕслекен прокурор помощникĕ Владимир Николаевич Кудряшов, Чăваш АССР Социаллă пулăшу министерствин аслă инспекторĕ Александр Иванович Дубовик, пенсипе пособи тӳлес енĕпе ĕçлекен центр начальникĕн заместителĕ Геннадий Егорович Кузьмин, профсоюзсен облаçть совечĕн юридически консультацийĕн заведующийĕ Петр Герасимович Мурайкин, Чăваш АССРĕнче техникăпа производствăра усă курас енĕпе ĕçлекен главнăй инспектор Валерий Алексеевич Гриценко, агропром комплексĕнче ĕçлекен профсоюз обкомĕн пай заведующийĕсем Леонид Сергеевич Портнов тата Герман Петрович Поляшов.

Сире вăл е ку ыйтупа пулăшма яланах хатĕр вĕсем.

Январьте эсир Г. Е. Кузьмин, Н. Г. Николаева, В. Г. Васильев, А. И. Дубовик, Л. С. Портнов юлташсемпе тĕл пулса пулăшу илме пултаратăр. Приемнăй адресĕ: 428019, Шупашкар хули, И. Яковлев проспекчĕ, 13, Пичет çуртĕ, 1-мĕш хут, 112-мĕш пӳлĕм; телефон — 21-22-94. Кашни ытларикун, 10 сехетрен пуçласа 13 сехетчен йышăнаççĕ.

**В. СМИРНОВА.**

## Çулсем тата çынсем

# Патреккел хěрě — наука докторě

**Патреккел — Пăла тăрăхěнчи чи паллă ялсенчен пěри. Вăл район центрě те, вăйлă аталаннă колхозăн тěп усадьби те мар, кунта вăтам шкул та çук. Апла пулин те Елчěк районěнчи Патреккел ялěн чапě республика тулашне те сарăлнă.**

ÇАК ялтан çěр ěçне-семпе выльăх-чěрлěх пахалансем йышлăн тухнă. Ултă ала пěрлештерсе тăракан «Прогресс» колхоза чěрěк ěмěр Лютла Патреккел хресченě, Ленин орденěн кавалерě, РСФСР ялхуçалăхăн тава тивěçлě ěçченě, Чăваш АССР тава тивěçлě механизаторě А. Ф. Иванов ертсе пынă.

Утмăл çул ытла ěнтě Патреккелěнче Атăл тăрăхěнчи чи паллă халăх хорěсенчен пěри ěçлет. Унăн режиссерě, çавăн пекех концертмейстерě тата баянисчě — РСФСР тата Чăваш АССР культурăн тава тивěçлě ěçченě Г. А. Борисов. Кунтан пултаруллă педагогсемпе врачсем, инженерсемпе агрономсем, спортсменсем йышлăн тухнă.

Авалхи Елчěкри вăтам шкултан вěренсе тухнă çынсем хушшинче — хěрěхе яхăн ученăй. Вěсенчен пěри — психиатр тата невропатолог, медицина наукисен докторě, СССР медицина наукисен академийěн Н. Н. Бурденко ячěпе хисепленекен наука тěпчев институчěн сотрудникě — Т. А. Доброхотова.

• • •

Тамара Амплиевна çинчен тахçанах илтнě-ха эпě. Унăн амăшěпе, 1919 çулта Пăвари хěрарăмсен гимназийěнчен, унтан Патăрьелěнчи педагогика техникумěнчен вěренсе тухнă, çур ěмěре яхăн пуçламăш классен учительницинче ěçленě Ольга Михайловнăпа пěр ялтан эпир.

Ольга Михайловнăпа Амплий Афанасьевич Доброхотовсем виçě ача ÿстернě: Роза, Тамара тата Толя. Ашшě те, 1919 çулта Тетчěри педагогика училищинчен (ун чухне ăна учительсен семинарийě тенě-ха) вěренсе тухнă, шкулта ěçленě. 30-мěш çулсенче Доброхотовсен туслă çемйине тахам та ăмсаннă пулě. Ашшě-амăшě — таврари сумлă çынсем, ачисем пěринчен тепри маттур. Тин шкула çÿреме пуçланă Розăпа Тамара кашни предметпа «5» паллăсем кăна илнě. Анчах та çак туслă çемьене инкек кětмен çěртен çакса тухнă. Хăйěн пурнăçне пуласлăха воспитани парас, ... Тăван çěршыва юратма вěрентес тесе хăйěнчен мěн килнине пурне те тунă А. А. Доброхотов коммунист-педагога, виçě ача ашшěне, революцие хирěçле ěçсем тунă тесе, суйса айăпласа, 1938 çулхи январěн 15-мěшěнче НКВД спецтройкине ăсатнă.

Амплий Афанасьевич Архангельск облаçěнче пилěк çул асапланнă, темле йышăна та, мăшкăла та тÿснě. 1943 çулта вара унăн чěри ялавлăхах тапма чарăннă. Хěрěсем калаçса панă тăрăх, ашшě ăста тата мăнна майпа килнине пěлсе [illegible] ...

вěренмелли шкула хутланă. Шутлама пултарнă-ши вăл вăхăтра яштака пÿллě, сенкертерех куçлă, кăтра çÿçлě, Пăла тăрăхěнчи качăсен пуçне самах мар саварнă Патреккел хěрě Тамара хăй 60-мěш çулсенче наукăн пысăк çулě çине тухасса? Çук пулě.

Елчěкри вăтам шкула чаплă паллăсемпě пěтерсен, хастар комсомолка Хусанти медицина институтне вěренме кěрет. Алла диплом илсен, çамрăк врач-невропатолога Куйбышев облаçěнчи психиатри больницине ěçлеме яраççě. Иилěк çул тăрăшать кунта Тамара Амплиевна, опытлă врач-психиатрсен ретне тăрать. Пěрремěшěнче ăна главнăй врач çумне лартнă те темле разнарядка çинчен пěлтернě. Облаçри психиатри больници РСФСР Сывлăха сыхлас ěç министерстви ыйтнипе Пěтěм Союзри наука тěпчев институчěн ординатуринче врачсенчен пěрне вěренме ямалла имен. Çапла майпа Т. А. Доброхотова ăнсăртран Мускава лекет, кунтах наукăн пысăк çулě çине тухать.

Ординатура пěтерně хыççăн тепěр çулхинех Тамара Амплиевна медицина наукисен кандидачěн диссертацине [illegible]

нимěç чěлхипе Лейпцигра пичетленсе тухнă. Ипрěн ентеш ěçěсемпе çавăн пекех «Наука и жизнь», «Вопросы философии», «Здоровье», «Природа» журналсемпе ытти хаçпěр кăларăмсенче те паллашма пулать. Нимěн тěлěнмелли те çук: хăйěн ěçěсенче медицинăна тěпе хунипе пěрлех ученăй психологи, биологи, философи наукисене малалла аталантарма пулăшать.

...Пěлтěрхи августра центрта тухакан хаçатсем СССР медицина наукисен академийěн Н. Н. Бурденко академик ячěпе хисепленекен нейрохирурги институтěнче Сиам йěкěрешшěсене, икě çулхи Виликăпа Виталиккă тěлěнмелле кăткăс операци туса, пěр-пěринчен уйăрни çинчен çырчěç. Çуралнă вăхăтрах пуçěсем пěрлешнě пěскерсене наукăра краниопагсем, теççě. Краниопагсене уйăрас тесе, тěнчере халиччен 34 операци тунă, вěсем пурте тенě пекех ăнăçсăр вěсленнě, ытларах чухне çынсен пурнăçне сыхласа хăварма май килеймен. Н. Н. Бурденко ячěпе хисепленекен институт директорě, СССР медицина наукисен академийěн академикě, СССР государство премийěн лауреачě Александр Николаевич Коновалов нейрохирург ертсе пынипе вунпěр сехет хушши хăватлă микроскопсем айěнче ирттернě операци вара, ыттисемпе танлаштарсан, ăнăçлă вěçленнě. Октябрь вěçěнче Виталикпа Вилик, операци хыççăн самаях сывалса, амăшěпе пěрле хăйсен тăван Каунас хулине кайнă. Çакăн çинчен те Мускаври хаçпěр хаçатсем тěплěн çырса пěлтерчěç.

Мěншěн çак тěслěхе хамăн очерка кěртрěм-ха эпě? Мěншěн тесен Пěтěм Союзри наука тěпчев институтěнчи Т. А. Доброхотова ертсе пыракан психиатрсен ушкăнě пуç мимисем [illegible]

# МУЗЕЙ КИРЛЕХ

Партин Чăваш область организацийěн хальхи условисенче çěнетěве тарăнлатас тěлěшпе ěçлемелли программинче педагогика институчěн çěнě вěренÿ корпусěнче И. Я. Яковлев музейне уçма палăртнă. Çакăн пирки вулакансемпе тата ку ěçпе çывăх çынсемпе канашласа пăхас килет. Музей тени вăл — халăх пурнăçěнчи тата çутçанталăкра тěл пулнă япаласене пухасси, упрасси, вěсемпе çынсене паллаштарса малалла мěнле усă курмалли çинчен шухăшлаттарасси. И. Я. Яковлев чăвашсен тата ытти кÿршě халăхсен ачисене çутта кăларас тěлěшпе ěçле违 ют сěрпывсенче те пěлеççě. Унăн пархатарлă ěçне сума суса темиçе шкула, Чăваш патшалăх педагогика институтне, Шупашкарти пěр аслă урама И. Я. Яковлев ятне панă.

Анчах та, ман шутпа, И. Я. Яковлевăн музейне уçма урăх вырăн палăртмалла. Мěншěн? Мěншěн тесен аслă вěрентекен ячěпе тачă сыхăннă вырăнсем сахал мар республикăра. Иван Яковлевич тăрăшнипе уçнă шкулсем темиçе. Вěсенчен пěри — Сěнтěрвăрри районěнчи Шěнерпуç ялěнчи И. Я. Яковлев ячěпе хисепленекен вăтам шкул. Халě те унта И. Я. Яковлев проекчěпе тунă çурт-йěр упранса юлнă. Çав çуртра усă курсан, шкул таврă пулнă пахчана сěнетсен, И. Я. Яковлев музейě аплăрах, пуянрах пулě, шкулсем уçнă таврăлăх мěнле пулнипе тата мěнле улшăннипе лайăхрах кăтартса парě.

122 çул хушшинче çак шкултан республикăра тата таврара паллă çынсем нумай тухнă. Хăшěсем çинчен аса илтерес: М. Федоров — «Арçури» баллада авторě, П. Осипов — «Айдар» драма авторě, 1917 çулта Питěрте социализмла революцие хутшăннă Ф. Шурчанов, медицина наукисен докторě К. Марков профессор тата ыттисем те.

Шěнерпуç ялě Н. Бичурин ячěпе те çыхăннă, кунта унăн музейне туma палăртнă. Бичурин пуп ачи пулни паллă. Ватăрмěш çулсенче, чиркÿ çуртне ватнă пулин те, пуп çурчě упранса юлнăччě. Çак пурăнмалли çурт пысăк тата промкомбинат ěçлерě (унăн çурчě халě те пур). Унта тимěрçěсем те вěрентсе хатěрлетчěç.

Ялăн пуян историне шута илсе, кунта темиçе музей уçсан, авалхи тата хальхи саманана витěмлěн кăтартса пама май килěччě. Вара Шěнерпуç ялне çулçÿревсемпе экскурсисен маршручěсен йышне кěртме пулěччě. Тăрăшсан, халăх пулăшнипе, «Бичуринский» совхозпа ял Совечě хăйпа çурчěпе столовăй уçма пултарěç, çулçÿревçěсене асăнмалăх япаласем туса сутсан, тупăш та илме май килě. Ку ěçе кооперативсене те хутшăнтармалла. Таврара пушă юлнă çуртсем сахал мар — вěсемпе мěншěн усă курас мар? Çакăн пек музейлă яла аталантарсан, чăваш культурине литературине юратакансем çула май М. Федоров ялне — Хуранхана, П. Осипов ялне — Кутемере çитсе килме те пултарěç.

## Эсир мěнле шутлатăр?

шкулпа çывăх пулнăран, унта классем те тупăччě. Вăл мěнле пулнине шěнерпуçсем каласа пама пултараççě. Халě, астăвакансем пур чухне, ял Совечěпе шкулăн пěрле ун çинчен асаилÿсем хатěрлемеллех.

Çак ялта самана хăйне евěр йěрсем хăварнă. Раççейри 1905—1907 çулсенчи пěррремěш революци вăхăтěнче кунта пысăк пăлхав пулнă. 1921 çулта вара çěнě пурнăçшăн кěрешекенсемпе кивě саманапа тавăрас текенсем хушшинче юнлă тытăçу пулса иртнě. Унта пуç хунă А. Орлов, И. Артемьев, М. Виноградов коммунистсен вилтăприйě тата вěсен ячěпе лартнă палăк — шкулăн авалхи çурчě çывăхěнче.

Шěнерпуçěнче чылай вăхăт

Мěн калěç-ши кун пирки икě Элěш хушшинче пурăнакансем, шěнерпуçсем? Ман шутпа, çак музейсем пирки РСФСР педагогика обществин тата Пěтěм Российăри историпе культура палăкěсене упракан обществăн Чăваш республикинчи уйрăмсен те хăйсен шухăшне хăвартрах палăртмалла, мěншěн тесен кунти палăкěсене хака хуман çынсем уйрăм çуртсене аркатма та пикеннě.

**А. БОНКОВ,**
**Пěтěм Российăри историпе культура палăкěсене упракан общество членě.**

## Театрта — çěнě сезон

Республикăри вырăс драма театрě Владимир Войнович повеçě тăрăх лартнă «Жизнь и необычайные приключения солдата Ивана Чонкина» премьера-спектакльпе çěнě сезона уçрě.

Çитес вăхăтра коллектив куракансене хăйěн тепěр çěнě ěçěпе — В. Балуцкийпе В. Ливанов пьеси тăрăх хатěрленě «Камерный театр Лаврентия Берии» спектакльпе паллаштарать. Хěлпехи каникул вăхăтěнче театр шкул ачисене «Кто! Куда! Откуда!» юмах кăтартать.

● «Жизнь и необычайные приключения солдата Ивана Чонкина» спектаклěн пěр сцена.

Ю. Дмитриев фотоÿкерчěкě.

Тамара тата Толя. Ашшě те, 1919 çулта Теччěри педагогика училищинчен (ун чухне ăна учительсен семинарийě тенě-ха) вěренсе тухнă, шкулта ěçленě. 30-мěш çулсенче Доброхотовсен туслă çемйине такам та ăмсаннă пуль. Ашшě-амăшě — тавра пуль. Ашшě-амăшě — таврари сумлă çынсем, ачисем пěри сумлă çынсем, ачисем пěри теприн маттур. Тин шкула çÿреме пуçланă Розăпа Тамара кашни предметпа «5» паллăсем кăна илнě. Анчах та çак туслă çемьешěн никам кěтмен инкек сиксе тухнă. Хăйěн пурнăçне пулас ăрăва воспитана парас, ачасене Тăван çěршыва юратма вěрентес тесе хăйěнчен мěн калани пурне те тунă А. А. Доброхотов коммунист-педагога, виçě ача ашшěне, революцие хирěçле ěççем тунă тесе, сулша айăплаcа. 1938 çулхи январěн 15-мěшěнче НКВД спецстройкине ăсатнă.

Амплий Афанасьевич Архангельск облаçěнче пилěк çул асапланнă, темле нушана та, мăшкăла та тÿснě. 1943 çулта вара унăн чěри ялавлăхах çапма чарăннă. Хěрěсем каласа панă тăрăх, ашшě ăçта тата мěнле майпа вилнине паян никам та пěлмест. Ашшě-амăшě сулěпе кайса, мěн пěвсне тухиччěнех учительницăра, унтан ача садěн воспитательницинче ěçленě Роза Амплиевна пире нумай пулмасть Чăваш АССР Верховнăй Сучěн президиумě йышăннă постановленипе паллаштарчě. Çак документ А. А. Доброхотова ыра ятне 1956 çулхи июльтех тавăрнине ěнентерет.

Çамăл пулман Ольга Михайловнăна виçě ачине ура çине тăратмашкăн. Унрăмах Аслă Отечественнăй вăрçă сулěсенче. Учительсен ěç укçийě 40-мěш çулсенче ытла та пěчěк пулнă. Шкултан таврăнсанах, амăшě, хěрачисене çавăтса, «Осоавиахим» колхоза васкавнă. Хăйсем 12 — 14 çулта чухнех Розăпа Тамара колхоз ěçтемěнле ăван сапнă, ытти яхусалăх ěççсене куллен хутшăннă, кěтÿ кěтнě.

Пěртăван хěрачасене 40-мěш çулсенче халě Шупашкарта пурăнакан Чăваш АССР тава тивěçлě учителě Г. Т. Дмитриев вěрентнě. Итлесе пăхарха Григорий Тимофеевич каласа панине:

— Тăсăмелле тăрăшуллă, тирпейлě те сапăйлăскерсемччě вěсем. Пурнăç йывăррине пăхмасăр, савăнма та пěлнě. Пушă вăхăтра пěр вěçěмсěр кěнекесемпе журналсем вулатчěç, шкулти кружоксен занятийěсене çÿретчěç.

Роза Амплиевнăн та, унăн йăмăкěн Тамара Амплиевнăн та Тăван çěршыв наградисем сахал мар халь. Чи хаклă награда вырăнне вара вěсем иккěшě те «1941 — 1945 çулсенчи Аслă Отечественнăй вăрçă вăхăтěнче хастар ěçленěшěн» медале упраççě. Ăна алла илнě чухне асли Патăрьелěнчи педагогика техникумěнче вěреннě, вăталăххи Елчěкри вăтам шкула çÿренě. Толя вара, кěçěнни, ун чухне вуннисěрри ача пулнă, кунсерен Патреккелěнчи çичě çул хатра япăтака пулас, сеникерех кусла, катра çÿçлě, Пала тарăхěнчи каччасен пуçне савăрхал мар саварна Патреккел хěрě Тамара хăй 60-мěш çулсенче наукăн пысăк çулě çине тухасса? Çук пулě.

Елчěкри вăтам шкула чаплă паллăсемпе пěтерсен, хастар комсомолка Хусанти медицина институтне вěренме кěрет. Алла диплом илсен, çамрăк врач-невропатолога Куйбышев облаçěнчи психиатри больницине ěçлеме яраççě. Пилěк çул тăрăшать кунта Тамара Амплиевна, опытлă врач-психиатрсен ретне тăрать. Пěрремěшне ăна главнăй врач çумне лартма сěнеççě, тепěр сехетрен тата пĕр разнарядка çиппчен пěлтерěç. Облаçри психиатри больницин РСФСР Сывлăха сыхлас ěç министерстви ыйтнипе Пěтěм Союзри наука тěпчев институтěн ординатурине врачсенчен пěрне вěренме ямалла пикен. Çапла майпа Т. А. Доброхотова ăнсăртран Мускава лекет, кунтах наукăн пысăк çулě çине тухать.

Ординатура пěтернě хыççăн тепěр çулхинех Тамара Амплиевна медицина наукисен кандидачěн диссертацине ăнăçлă хÿтěлет. 60-мěш çулсен варринче вăл — РСФСР Сывлăха сыхлас ěç министерствин Мускаври наука тěпчев психиатри институтěн наука сотрудникě. Çак институтра ěçлесе, Т. А. Доброхотова вуншар наука ěçě çырать. Вěсенчен ытларахăшне вăл çын ÿпě синчи шыçăсене тата пуç миминчи чирěçене сиватассипе çыхăнтарнă. СССР медицина академийěнче тата медицинăпа çыхăннă наука тěпчев институчěсенче ěçлекен паллă специалистсем Тамара Амплиевнăн ěççене тахçанах пысăка хурса хакланă. Ахальтен мар ěнтě вăл 1968 çултах медицина наукисен докторě пулса тăнă.

• • •

Пирěн халăхран çěршывěпе паллă ученăйсем те тухнă. Шупашкарта кăна халь наука докторěсем хěрěхěн ытла. Шел пулин те, вěсем хушшинче чăваш хěрарăмěсем сукша пěрех.

Çапла, пирěн республикăра ÿссе çитěнпě хěрарăм-ученăйсен ячěсене пирěнтен кашнинех тÿрех аса та илеймě. Пур вěсем, анчах та сахалăн. Елчěкрен, сăмахран, чăваш хěрарăмěсенчен чи малтан наука докторěн (медицина наукисен докторěн) ятне тивěç пулнă Ю. С. Сергеева (1900 — 1949) та тухнă. Халě, акă, Юлия Сергеевнăн традицине унăн ентешě Тамара Амплиевна Доброхотова тăсать. Сăмах май каласан, унăн вěрентекенěсен хушшинче халех тăхăр наука кандидачě.

Чěрěк ěмěр хушшинче Т. А. Доброхотова икçěре яхăн наука ěçě çырнă. Мускаври «Медицина» издательствăра вăл виçě монографи пичетлесе кăларнă: «Эмоциональная патология при очаговом поражении мозга» (1974 ç.), «Функциональная асимметрия и психопатология очаговых поражений мозга» (1977 ç.) тата «Функциональные асимметрии человека» (1981 ç.). Юлашки кěнеке çак ятпах виçěмçул пă вăхăтрах пуçěрем пěрлешпěскерсене наукăра крациопагсем, теççě. Краниопагсене уйăрас тесе, тěнчере халиччен 34 операци тунă, вěсем пуртте тенě пекех ăнăççăр вěçленнě, ытларах чухне çынсен пурнăçне сыхласа хăварма май килеймен. Н. Н. Бурденко ячěпе хисепленекен институт директорě, СССР медицина наукисен академийěн академикě, СССР государство премийěн лауреачě Александр Николаевич Коновалов нейрохирург ертсе пынипе вуниěр сехет хушши хăватлă микроскопсем айěнче ирттернě операци вара, ыттисемпе танлаштарсан, ăнăçлă вěçленнě. Октябрь вěçěнче Виталипа Вилия, операци хыççăн самаях сывалса, амăшěпе пěрле хăйсен тăван Каунас хулине кайнă. Сакăп çиччеп те Мускаври хăшпěр хаçатсем тěплěн çырса пěлтерчěç.

Мěншěн çак тěслěхе хамăн очерка кěртрěм-ха эпě? Мěншěн тесен Пěтěм Союзри наука тěпчев институтěнчи Т. А. Доброхотова ертсе пыракан психиатрсен ушкăнě пуç мимисем таранччен пěрлешсе çыхăннă йěкěреш ачасен психологине маларах тěплěн тěпчесе заключени паман пулсан, çак йывăр операцие тума пикам та пуçăнман пулěччě.

Вăтăр пилěк çул ытла медицинăра ěçлесе, Тамара Амплиевна пуян опыт пухнă. Унăн ятне урăх çěршывсенче те пěлеççě. Çапла, юлашки çулсенче кăна вăл, Италири, Францири, Демократиллě Германи Республикинчи, Болгарири, Венгрири тěрлě институтсемпе медицина учрежденийěсенче пулса, лекцисем вуланă, кăткăс операцисем тума пулăшнă. Кăçалхи çулла, акă, Т. А. Доброхотова Венгрири Шефок хулинче сăртту специалисчěсен Пěтěм тěнчери симпозиумне хутшăннă, сăмах тухса каланă.

• • •

Паллă ученăй-психолог çулленех тенě пекех тăван республикăна килет. Шупашкарсăр пусне (кунта унăн аппăшěпе шăллě пурăнаççě), тăван Патреккелте пулса курма та тăрăшать вăл.

Çакна ăпланма пулать. Кунта унăн сывăх тăванěсемпе тантăшěсем, юратнă учителěсем пурăнаççě.

Пěлтěр Тамара Амплиевна Шупашкара шăпах Октябрь уявě умěн килсе çитрě. Атăл çинчи çěпелсе, ÿссе пыракан хулапа кăмăлласа паллашрě, музейсемпе театрсене çитсе курчě, шăллěне суралнă кунě ячěпе ăшшăн саламларě.

— Кашни килмессеренех, тăван республикăра мěн те пулсан çěннине асăрхатăп, — тет наука докторě. — Хальхинче мана хула çыннисем ытларах савăнтарчěç. Вěсен сăнěсем улшăннă тейěн, кăмăлěсем лайăхланнă. Эппин, Шупашкар çěнетÿ тапхăрěнче çěнелле сывлама пуçланă.

П. СИДОРОВ.

● Медицина наукисен докторě Т. А. Доброхотова.

С. Игнатьев фотоÿкерчěкě.

Республикăри вырăс драма театрě Владимир Войнович повеçě тăрăх лартнă «Жизнь и необычайные приключения солдата Ивана Чонкина» премьера-спектаклěпе çěнě сезон уçрě.

Çитес вăхăтра коллектив куракансене хăйěн тепěр çěнě ěçěпе — В. Валуцкийпе В. Ливанов пьеси тăрăх хатěрленě «Камерный театр Лаврентия Берии» спектаклěпе паллаштарать. Хěлпехи каникул вăхăтěнче театр шкул ачисене «Кто! Куда! Откуда!» юмах кăтартать.

● «Жизнь и необычайные приключения солдата Ивана Чонкина» спектакльти пěр сцена.

Ю. Дмитриев фотоÿкерчěкě.

## Спорт ~~~ Спорт

# Пысăк çěкленÿпе

1989 çулти юлашки матчсене Çěнě Шупашкарти «Сокол» хăйěн стадионěнче ирттернě. Кирово-Чепецкри «Олимпия» командăпа тěл пулнă. Çак вăйăсем умěн хăнасем турнир таблицинче виççěмěш вырăнта, площадка хуçисем улттăмěшěнче пулнă.

Тÿрех калăпăр, «Сокол» çак матчсене пысăк çěкленÿпе ирттернě, вěçěмсěр тапăнса выляна. Пěрремěш матч 9:1 шутпа «Сокол» çěнтерăвипе вěçленнě.

Иккěмěш матчра вăйă шутне «Сокол» уçнă, хăнасем ăна çийěнчех танлаштарнă. Çакăн хыççăн кěрешÿ çивěчленсех пынă. Ку хутěнче те çěнěшупашкарсем çěнтерме пултарнă — 5:4.

Çак икě вăйă результачěсем командăсене очкосен хисепěпе танлаштарнă — вěсен иккěшěн те халě 49-шар очко.

1973 çулта çуралнă хоккеистсен команди «Сокол» РСФСРта мала тухассишěн зонăра ирттерекен турнирăн юлашки турěнче Киров хулинче выляна, унти çамрăк спортсменсен шкулěн командинчен икě хутчен — 7:4 тата 7:5 шутпа выляса илнě. «Соколăн» халě 17 очко, вăл турнирта çиччě очко кăна çухатнă.

В. КРЫСИН.

# Хоккей хыпарěсем

Чăваш АССР чемпионатěнче ăшă çанталăка пула малтан вылямасăр юлнă матчсене тата тăххăрмěшпе вуннăмěш турсенчи вăйăсене ирттернě. Çак вăйăсем умěн Шупашкарти «Энергипе» «Трактор» пěр очко та çухатман. Шăпах ěнтě Çěнě çул умěнхи турта вěсем пěр-пěринпе тěл пулнă. Малтанхи кун 5:3 шутпа электроаппаратчиксем çěнтернě, тепěр кунне 3:2 шутпа «Трактор» выляса илнě.

Ытти вăйăсем çапла вěçленнě: «Звезда» (Çěмěрле) — «Сокол» (Çěнě Шупашкар) — 3:9, 1:3, «Прогресс» — «Рубин» (иккěшě те Шупашкартан) — 6:7, «Рубин» — «Волга» (Шупашкар) — 3:7; «Сокол»—«Трактор» — 4:9, 5:5; «Локомотив» (Канаш)—«Звезда» — 20:2, 10:2, «Пламя» (Çěрпÿ) — «Прогресс» — 3:13, 4:9.

Вунă тур хыççăн «Энергипе» «Прогресăн» 12-шер очко (электроаппаратчиксем виçě вăйă сахалрах ирттернě). Сакăр вăйă хыççăн «Тракторăн» 11 очко, «Соколăн» та 11 очко, анчах вăл пěр вăйă ытларах ирттернě.

• • •

Чăваш АССР кубокне çěнсе илессишěн пыракан кěрешěве хутшăнса, Кÿкеçри «Автомобилист» Улатăрти «Спутникпа» тěл пулнă, 2:1 шутпа çěнтернě. Анчах вěсěнчен хăшě чěрěк финалта вылясси командăсем иккěмěш хут тěл пулнă хыççăн тин паллă пулать.

А. ПАВЛОВ.

Редактор А. П. КАЗАНОВ.



## ÇАНТАЛĂК

Синоптиксем пěлтернě тăрăх, çитес талăкра пирěн республикăра улшăнса тăракан пěлěтлě çанталăк пулать, кăштах юр çăвать, таман вěçтерет. Çил хěвеланăçěнчен çеккунтра 7—12 метр хăвăртлăхпа вěрет. Сывлăш температури çěрле 12—17, кăнтăрла 8—13 градус сивě пулать. Çулсем пăрлакланаççě.

Кун тăршшě 7 сехет те 12 минут.

## РАДИО

КĔÇНЕРНИКУН, ЯНВАРĔН 4-МĔШĔ

6.15 — «Столица курьерě». Шупашкар çыннисем валли передача. 6.30 — «Позици». Информацилле публицистика программи. 7.00 — 7.15 — Мускав передачисем. 7.15 — Республика хасачěсене пăхса тухни. 7.25 — Пěлтерÿсем. 7.28 — 7.40 — Радиопа телевидени касси передачисен программи. 16.30 — 17.30 — Чăваш халăх юррисем (стерео). 18.00 — Çěнě хыпарсем. 18.12 — «Эх, илемлě-ске хěлле». Радиокомпозици. 18.25 — Республика хыпарěсем. 18.35 — Çын тата закон. 19.00 — Юлашки хыпарсем (М.). 19.45 «Кăçар мана» спектакль премьери синчен. 20.00 — 20.45 — «Глашатай правды и свободы». Чăваш литературин класснкě К. Иванов çуралнăранпа 100 çул çитнě май.

## ТЕАТР

К. В. ИВАНОВ ЯЧĔПЕ ХИСЕПЛЕНЕКЕН ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО АКАДЕМИ ДРАМА ТЕАТРĔ — январěн 4-мěшěнче «Кăçар мана» драма (премьера), январěн 5-мěшěнче «Амантнă чун» драма.

РЕСПУБЛИКĂРИ ВЫРĂС ДРАМА ТЕАТРĔ — январěн 4, 7-мěшěсенче 10 тата 14 сехетсенче «Кто? Куда? Откуда?» (Кто во что горазд) музыкăллă каламбур, январěн 4, 7-мěшěсенче «Камерный театр Лаврентия Берии» шарж (премьера).

ЧĂВАШ ÇАМРĂКĔСЕН ТЕАТРĔ — çěнě сезон уçăлать — январěн 5-мěшěнче 14 сехетре «Что в лесу произошло?» юмах, касхине «Таркăн» мыскараллă инкек.

Спектакльсем 19 сехетре пуçланаççě.

## КИНО

«СЕСПЕЛЬ» — Кăвак зал: «Полет навигатора» — 9.00, 11.00, 13.00, 15.00, 17.15, 19.10, 21.00. Кěрен зал: «Раз, два — горе не беда!» — 9.00, 10.50; «Птицам крылья не в тягость» — 12.40, 14.30, 16.30, 18.30, 21.00. Кинозал: «Бесстрашный атаман» — 15.45; «И вся любовь» — 18.00, 20.00.

«ОКТЯБРЬ» — «Лиловый шар» — 9.00; «Полет навигатора» — 11.00, 15.00, 17.00, 19.00; «Конвой» — 13.00, 20.45.

«ПОБЕДА» — Пысăк зал: «Приключения Квентина Дорварда, стрелка королевской гвардии» — 9.00, 11.00, 13.00, 15.00, 17.00, 19.00, 21.00. Вăтам зал: «Бедный Джонни и Арника» — 11.00; «До первой крови» — 9.00, 13.30; «Талисман» — 15.30; «Воры в законе» — 17.30, 20.00. Пěчěк зал: «Фанни и Александр» — 10.30, 14.30, 18.30; «Разведенные мосты» — 9.00.

## «Спортлото» тиражě

«Спортлотон» 1989 çулхи декабрěн 31-мěшěнче ирттернě 53-мěш тиражěн результачěсем:

45 номертен 6 номерне паллă тумалли карточкăсем тăрăх — 5, 6, 7, 25, 35, 36;

36 номертен 5 номерне паллă тумалли карточкăсем тăрăх — 6, 7, 15, 20, 25.

(ТАСС).

ПИРĔН АДРЕС: 428019, г. ЧЕБОКСАРЫ, пр. ИВАНА ЯКОВЛЕВА, 13. ДОМ ПЕЧАТИ, III ЭТАЖ.

ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор — 21-00-67; редактор заместителěсем — 21-04-17 тата 21-20-07; ответлă секретарь — 21-04-26; секретар нат — 25-13-01; парти пурнăç пайě — 21-08-61 тата 25-13-24; идеологи пайě — 21-03-54 тата 25-13-18; промышленность, строительство тата транспорт пайě — 21-33-64, 25-13-04 тата 25-13-81; агропромышленность пайě — 21-08-62, 25-13-10, 25-13-05 тата 25-13-58; советсен ěçěпе социаллă пурнăç пайě — 21-03-04 тата 25-13-06; культура пайě — 21-08-56 тата 25-13-02; çырусемпе обществăлла корреспондентсен пайě — 21-05-21, 25-13-07 тата 29-76-22; информаципе спорт пайě — 21-22-31 тата 25-13-09; фотокорреспондент — 21-45-94; хамăр корреспондентсем — 3-24-91 (Канаш), 2-10-54 (Елчěк), 4-34 (Етěрне) тата 2-26-30 (Сěнтěрвăрри); издательство директорě — 21-00-23; пěлтерÿсен пайě — 21-14-89 тата 29-76-89; «Вестник недели» редакцийě — 21-04-39; бухгалтери — 21-45-86; Чăваш АССР Журналистсен союзěн правленийě — 25-13-83; хаçатăн обществăлла приемнăйě — 21-22-94.

Хаçат тунтикунсăр пусне куллен тухать.

НТ 36005. Индекс газеты — 54800. Типография издательства Чувашского обкома КПСС, г. Чебоксары, пр. Ивана Яковлева, 13. Высокая печать, объем 2 печ. листа. Тираж 72.000 экз. Заказ № 15.